ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаҫачĕ

1953 ҫул Сентябрь 30
юнкун
№ 191 (9100)
36-мĕш ҫул тухать
Хакĕ 20 пус.

**Вырăнти мĕнпур парти, совет тата ялхуҫалăх органĕсем, ялхуҫалăх специалисчĕсемпе организаторĕсем, коммунистсем, комсомолецсем, мĕнпур колхозниксем, МТС-семпе совхозсен работникĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе малалла ҫĕклентерме татăклăн та ҫине тăрса тытăнсан, ҫаканшăн хăйсен вăйĕсемпе майĕсене шеллемесĕр ĕҫлесен, ҫитес 2—3 ҫул хушшинче пирĕн ҫĕршыв халăх валли аш-какай, сĕт, ҫу, ҫăмарта тата выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсем, ҫăмăл тата апат-ҫимĕҫ промышленноҫĕ валли паха чĕртавар питĕ нумай илсе тăракан пулĕ.**

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче

# Ҫĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе малалла аталантармалли мерăсем ҫинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуҫалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси ҫинчен*)

### III.

### Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуҫалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси ҫинчен

5. 1953 ҫултан пуҫласа, колхозник, рабочи, служащи тата ытти граждансен хуҫалăхĕсене вĕсем усракан качакасемпе тĕвесенчен государствăна обязательнăй йĕркепе ҫăм парассинчен хăтарас, ҫавăн пекех Инҫетри Ҫурҫĕр районĕсенче пурăнакан колхозник тата ытти граждансен хуҫалăхĕсене государствăна ҫăм парассинчен хăтарас.

6. 1953 ҫултан пуҫласа, колхозник тата ытти граждансен хуҫалăхĕсем обязательнăй йĕркепе государствăна брынза памалли йĕркене улăштарас, СССР Апат-ҫимĕҫ таварĕсен промышленноҫĕн министерствине закуп йĕркипе государствăн сутăн илмелли хакĕпе брынза тата сурăх сĕчĕ илме хушас.

Колхозниксемпе ытти граждансен хуҫалăхĕсене обязательнăй йĕркепе памалли сĕт вырăнне халиччен пулнă эквивалент тăрăх шутласа брынза тата сурăх сĕчĕ пама право парас.

7. Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуҫалăхĕсен иртнĕ ҫулсенче государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса татманнипе 1953 ҫулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнă парăмĕсене пĕтĕмпех шыраса илмелле мар тăвас.

8. Государствăна аш-какай, ҫăмарта, ҫăм тата сысна тирĕ обязательнăй йĕркепе парассинчен ҫаксене пĕтĕмпех хăтарас:

а) колхозниксен тата колхозра тăман ҫынсен хуҫалăхĕсене, вĕсен ҫемйин членĕ Совет Ҫарĕнче, Тинĕс Ҫар флотĕнче е СССР Шалти ĕҫсен министерствин чикĕсенчи тата шалти ҫарĕсенче действительнăй службăра тăрать пулсан тата ҫемьере ҫар ҫыннин 8 ҫула ҫитмен ачаллă арăмĕпе амăшĕсĕр пуҫне ĕҫлеме пултаракан ҫын юлман пулсан;

б) ҫемьере Отечественнăй вăрҫăн I-мĕш группăри инваличĕсем пулсан тата ҫемьере ĕҫлеме пултаракан пĕр ҫын ҫеҫ пулсан;

Отечественнăй вăрҫăн II-мĕш группăри инваличĕсем пурăнакан ҫынсен хуҫалăхĕсене, вĕсен ҫемйинче ĕҫлеме пултаракан пĕр ҫын пулсан тата 16 ҫула ҫитмен ачасем пулсан;

ҫемьере Отечественнăй вăрҫăн I-мĕш группăри е II-мĕш группăри инваличĕсем пур ҫынсен хуҫалăхĕсене, ҫемьере ĕҫлеме пултаракан икĕ ҫын тата 16 ҫула ҫитмен ачасем 5 е ытларах пулсан.

Ҫемьере I-мĕш тата II-мĕш группăри вăрҫă тата ĕҫ инваличĕсем пулсан, ун пек хуҫалăхсемшĕн обязательнăй йĕркепе памалли нормăсем ҫурри таран чакаççĕ, ĕҫлеме пултаракан ҫынсем пулмасан, ҫавăн пек хуҫалăхсене обязательнăй йĕркепе парассинчен пĕтĕмпех хăтараççĕ.

Ĕҫ инваличĕсен хуҫалăхĕсене, вĕсен составĕнче кĕрĕшсе ĕҫленĕ, ĕҫ инваличĕсем пулса тăнă, социальнăй обеспечени органĕсем I-мĕш е II-мĕш группăна кĕртнĕ инвалидсем пулсан льготăсем параççĕ.

Инвалид вилсен хуҫалăха панă льгота ҫулталăк вĕҫлениччен сыхланать:

в) ялсенчи пуҫламăш, тулли мар вăтам тата вăтам шкулсенче ĕҫлекен учительсен хуҫалăхĕсене (вăл шутра пенси ҫине кайнă ҫав шкулсенчи учительсен хуҫалăхĕсене те); ялсенче вырнаҫнă ача ҫурчĕсен директорĕсен, директорсен вĕренту-пе воспитани енĕпе ĕҫлекен заместителĕсен, воспитательсен тата ĕҫ инструкторĕсен хуҫалăхĕсене;

г) ялсенче вырнаҫнă предприятисенче, учрежденисенче тата организацисенче специальность тăрăх ĕҫлекен тата специальнăй пĕлỹ илнĕ агрономсен, зоотехниксен, гидротехниксен, ҫĕр виҫекенсен, мелиораторсен, ветеринари врачĕсемпе фельдшерсен, медицина врачĕсен, вăтам медицина персоналĕн, государство санитари инспекторĕсен хуҫалăхĕсене;

д) ялсенче вырнаҫнă машина-трактор станцийĕсемпе специализациленĕ станцисенче, ялхуҫалăх машинисене тĕпрен юсакан темиҫе районшăн ĕҫлекен мастерскойсенче тата совхозсенче, лаша заводĕсенче, государствăн сад-пахча питомникĕсенче ĕҫлекен директорсен, директор заместителĕсен, техникăлла руководительсен, инженерсен, техниксен, агрономсен, аслă механиксен, механиксен хуҫалăхĕсене.

Ҫак пунктăн «в», «г», «д» подпункчĕсенче палăртнă льготăсене ҫакăн пек условисем пулсан параççĕ:

подпунктсенче асăннă граждансем кил пуҫĕ е ҫемьере ĕҫлеме пултаракан пĕртен-пĕр ҫын пулсан;

хуҫалăхра ĕҫ выльăхĕ пулмасан тата пĕр ăнерен, майракаллă шултра выльăх—ҫамрăкки, кăҫалхи пăру пĕр пуҫран ытла мар, 6 уйăхран иртнĕ пĕр сыснаран ытла мар, пĕр ҫулталăкран иртнĕ виҫĕ сурăхпа качакаран ытла мар пулсан (вĕсен пĕтеккисем шута кĕмеççĕ), ĕне е сысна пулмасан, пĕр ҫулталăкран иртнĕ пилĕк сурăхпа качакаран ытла мар пулсан, Инҫетри Ҫурҫĕр районĕсенче тата вĕсемпе танлаштарнă аякри вырăнсенче вара граждансен харпăрлăхĕнче ҫав районта ялхуҫалăх артелĕн Уставĕ тăрăх колхозниксен килĕнче выльăх-чĕрлĕх мĕн чухлĕ пулмаллине палăртнинчен ытларах мар пулсан;

хуҫалăхра СССР Правительстви ҫирĕплетнĕ нормăран ытлашши ҫĕр участокĕ пулмасан;

е) учрежденисенчен, предприятисенчен тата организацисенчен колхозсене янă специалистсемпе практиксен, колхоз председателĕсем пулса ĕҫлеме суйланисен хуҫалăхĕсене;

ж) промысла артелĕсемпе пулă тытакан артельсенче, инвалидсен кооперации артелĕсенче ĕҫлекен рабочисемпе служащисен хуҫалăхĕсене, вĕсем ялта пурăнаҫҫĕ пулсан тата вĕсен харпăрлăхĕнче выльăх-чĕрлĕх пулмасан;

в) ватăлнă пирки ĕҫлеме пултарайман (арҫынсем 60 ҫула ҫитнĕ тата аслăрах, хĕрарăмсем 55 ҫула ҫитнĕ тата аслăрах пулсан) колхозниксен, рабочисен, служащисен, единоличниксен тата ытти граждансен хуҫалăхĕсене, ҫемьери ĕҫлеме пултаракан ытти ҫынсем хуҫалăхра ĕҫлемеççĕ пулсан;

и) ҫемьере тăрантарса усраканĕ вилнĕ пирки государство пенси парса тăракан 8 ҫула ҫитмен ачасем пур пулсан тата ҫемьере ĕҫлеме пултаракансем пĕр ҫынтан ытла пулмасан;

к) тăлăх ачасен хуҫалăхĕсене, ҫав ачасем обязательнăй йĕркепе продуктсем памаллине палăртнă ҫулăн январĕн 1-мĕшĕ тĕлне 16 ҫула ҫитмен пулсан, хуҫалăхра ĕҫлеме пултаракансем ҫук пулсан.

9. Государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт парассинчен 8-мĕш пунктăн «б», «в», «ж», «к» подпункчĕсенче асăннă хуҫалăхсене пĕтĕмпех хăтарас.

8-мĕш пунктра асăннă ытти хуҫалăхсенчен, вĕсен килĕнче ĕнесем пулсан, государство валли обязательнăй йĕркепе сĕт ҫăмăллатнă норма тăрăх—ҫирĕплетнĕ нормăн ҫурри чухлĕ илмелле тăвас.

10. Отечественнăй вăрҫă фрончĕсенче вилнĕ тата хыпарсăр ҫухалнă ҫар ҫыннисемпе партизансен хуҫалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе аш-какай, сĕт, ҫăмарта, ҫăм тата сысна тирĕ парас енĕпе ҫакăн пек ҫăмăллăхсем парас: ҫемьере 16 ҫула ҫитмен ачасем виҫҫĕ тата ĕҫлеме пултаракан пĕр ҫын пулсан—ҫирĕплетнĕ нормăран 25 процент, ҫемьере 16 ҫула ҫитмен ачасем виҫҫĕрен ытларах тата ĕҫлеме пултаракан пĕр ҫын пулсан—50 процент чухлĕ ҫăмăллăх памалла.

11. Колхозниксен, рабочисемпе служащисен тата ытти граждансен ĕни, пĕрремĕш хут пăрулакан ĕни е сурăхĕ виллсен е вĕсене ирĕксĕрех пусмалла пулсан, вĕсен хуҫалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт тата ҫăм парассинчен хăтармалла, ҫавăн пекех ерекен чиртен сысна вилсен, выльăх мĕн пирки вилни тата мĕн сăлтавпа ăна ирĕксĕр пусни ҫинчен ветеринари надзорĕ заключени ҫырса парсан, колхозниксен хуҫалăхĕсемпе ытти граждансен хуҫалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе сысна тирĕ парассинчен хăтармалла.

Государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт, ҫăм тата сысна тирĕ парассинчен выльăхсем вилнĕ е вĕсене ирĕксĕр пуснă вăхăтран пуҫласа хăтармалла.

12. Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене, райисполкомсем ыйтнă тăрăх, ҫутçанталăк начар пулнă пирки инкек-синкек тӳссен, ҫемьери тĕп работник вилсен е нумай вăхăт чирлĕ выртсан, вăхăтлăха пысăк йывăрлăха кĕрсе ӳксен, колхозниксен, рабочисен, служащисен тата ытти граждансен хуҫалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парассинчен кăштах, хăшпĕр чухне пĕтĕмпех хăтарма право парас.

13. Обязательнăй поставка тăрăх ҫăмăллăхсем панă чухне ĕҫлеме пултарайман ҫынсен шутне ҫаксем кĕреççĕ:

а) социальнăй обеспечени органĕсем I-мĕшпе II-мĕш группăсене кĕртнĕ инвалидсем;

б) уй-хирте тата ытти ҫĕрте ĕҫлеме пултарайман ухсах-чăлахсем.

Выльăх-чĕлĕх продукчĕсем обязательнăй йĕркепе памалли ҫулта 60 ҫула ҫитнĕ тата аслăрах арҫынсем, 55 ҫула ҫитнĕ тата аслăрах хĕрарăмсем, 16 ҫула ҫитмен ачасем, ҫавăн пекех ҫарти служащисем, пĕр ҫулталăкран кая мар вĕрентекен шкулсенче вĕренекенсем хуҫалăха ҫăмăллăхсем панă чухне ҫемьери ĕҫлеме пултаракансен шутне кĕмеççĕ.

### IV.

### Колхозсенче выльăх апачĕ туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси ҫинчен

1. 1954 ҫул валли колхозсенче утă-улăм хатĕрлемелли плана 176 миллион тонна чухлĕ палăртас, вăл шутра утă—90 миллион тонна, сĕтеклĕ апатсем—76 миллион тонна, вĕсенчен силос—42 миллион тонна тата тымарҫимĕҫсемпе ҫĕрулми—34 миллион тонна.

Выльăх апачĕ туса илес ĕҫре юлса пынине пĕтерес шутпа тата колхозсен выльăхĕсем валли лайăх утă, ытти утă-улăм, тымарҫимĕҫсемпе ҫĕрулми, силос, симĕс апат, фуражлăх тĕштырă тата ытти концентратлă апатсем ҫителĕклĕ хатĕрлес шутпа ҫапла тăвас:

а) колхозсенче нумай ҫул тата пĕр ҫул ӳсекен курăксен, выльăхсене ҫитермелли тымарҫимĕҫсен, выльăхсене ҫитермелли бахча культурисемпе силос тума акакан культурăсен лаптăкĕсене тата вĕсен тухăҫлăхне ҫакăн чухле ҫитермелле:

| | 1954 ҫ. | 1955 ҫ. |
|---|---|---|
| **Лаптăк (миллион гектарпа)** | | |
| Нумай ҫул ӳсекен курăксен ҫулмалли лаптăкĕ | 13,6 | 16,0 |
| Нумай ҫул ӳсекен курăксем акмалла | 10,0 | 12,0 |
| Пĕр ҫул ӳсекен курăксем | 5,6 | 6,2 |
| вăл шутра судан курăкĕ | 1,5 | 1,7 |
| Выльăхсене ҫитермелли тымарҫимĕҫсемпе бахча культурисем | 1,4 | 1,5 |
| Силос тума акакан культурăсем | 2,0 | 2,4 |
| **Тухăҫлăх (гектар пуҫне центнерпа)** | | |
| Нумай ҫул ӳсекен курăксен ути | 24 | 27 |
| Пĕр ҫул ӳсекен курăксен ути | 22 | 24 |
| Выльăхсене ҫитермелли тымарҫимĕҫсемпе бахча культурисем | 160 | 180 |
| Силос тума акакан культурăсем | 120 | 135 |
| Улăх-ҫарансем | 12 | 13,5 |

Ҫакăн пек йĕрке тăвас: нумай ҫул ӳсекен курăксен ҫулса илмелли лаптăкĕ тĕлĕшпе плана тултармасан, пĕр ҫул ӳсекен курăксем тата выльăх апачĕ тумалли ытти культурăсем акмалли лаптăка ҫавăн чухлех пысăклатмалла;

б) люцерна, эспарцет, хăлчăксăр костер тата судан курăкĕ акакан лаптăка ҫеҫенхирлĕ тата вăрман-ҫеҫенхирлĕ районсенче пысăклатмалла; клевера тимофеевкăпа, викăна сĕлĕпе хутăштарса тата пĕр ҫул ӳсекен райграс акакан лаптăка—хура тăпраллă мар тăрăхра тата Уралти районсенче; выльăхсене ҫитермелли бахча культурисем—кавăн, арбуз, кабачки акакан лаптăка уйрăмах Кăнтăр-Хĕвелтухăҫри, Кăнтăрти тата Ҫурҫĕр Кавказри типĕ ҫанталăклă ҫеҫенхирлĕ районсенче пысăклатмалла, ҫавăн пекех выльăхсене ҫитермелли кавăнпа кабачкисене ҫĕршывăн ытти районĕсенче те акса тума тытăнмалла; хура тăпраллă тата хура тăпраллă мар тăрăхри центрти облаҫсенче, Белоруссин районĕсенче, Балти тинĕсĕ тăрăхĕнчи республикăсенче, Уралти, Ҫĕпĕрти тата Инҫет Хĕвелтухăҫĕнчи кăнтăрти районсенче тата Казахстанăн ҫурҫĕр районĕсенче силос валли кукуруза акса тума тытăнма мерăсем йышăнмалла. Кукуруза вăл лайăх силос хатĕрлемелли чи хаклă, пысăк тухăҫлă культура пулса тăрать.

СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Совхозсен министерствине ҫапла тума хушас: центрти хура тăпраллă тата хура тăпраллă мар тăрăхри облаҫсенче, Белоруссин районĕсенче, Балти тинĕсĕ тăрăхĕнчи республикăсенче, Уралти, Ҫĕпĕрти, Инҫет Хĕвелтухăҫĕнчи кăнтăрти районсенче тата Казахстанăн ҫурҫĕр районĕсенче, ҫутçанталăк условийĕсене пула кукуруза вăрлăхĕ пулса ҫитмен ҫĕрте, сыснасемпе кайăк-кĕшĕке ҫитерме, ҫавăн пекех утă-улăмпа пĕрле ҫитермешкĕн концентратлă силос хатĕрлеме, производствăра анлă опыт тăвас шутпа, 1954 ҫулта колхозсемпе совхозсенче кукуруза пуҫĕсенчен силос хывассине йĕркелемелле;

в) ҫĕрулми выльăх-чĕрлĕх валли лайăх апат пулнине шута илсе, выльăхсене ҫитерме ҫĕрулми лартса тăвассине чылай ӳстермелле, ҫак ĕҫе, чи малтанах, хура тăпраллă мар тăрăхри, Уралти, центрти хура тăпраллă облаҫсенчи тата Хĕвеланăҫ Ҫĕпĕрти районсенче вăйлатмалла;

г) 1954 ҫулта колхозсенче клевер вăрри 1121 пин центнер, люцерна вăрри—813 пин центнер, эспарцет вăрри—872 пин центнер тата нумай ҫул ӳсекен пучахлă-шерепеллĕ курăксен вăррине 644 пин центнер пухса кĕртмелле. 1953 ҫулта государство ресурсĕсем валли судан курăкĕн вăррине 60 пин центнертан кая мар хатĕрлемелле;

д) 1953—1955 ҫулсем хушшинче государствăн страховой фондне ҫакăн чухлĕ тумалла: клевер вăрри—60 пин центнертан кая мар, люцерна вăрри—60 пин центнер, эспарцет вăрри—50 пин центнер, тимофеевка вăрри—30 пин центнер, житняк вăрри—25 пин центнер тата хăлчăксăр костер вăрри 40 пин центнер;

е) ҫарансемпе кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене лайăхлатас тĕлĕшпе колхозсенче ҫакăн чухлĕ ĕҫсем туса ирттермелле:

| (пиншер гектарпа) | 1954 ҫ. | 1955 ҫ. |
|---|---|---|
| Ҫаран ҫинчи тата кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсенчи курăксене удобренисем сапса апат парасси | 1700 | 3300 |
| Пĕчĕк тухăҫлă ҫарансемпе кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене сухаласси тата ҫав лаптăксем ҫине выльăх апачĕ тумалли культурăсем акасси | 1635 | 3200 |
| Шурлăхлă ҫарансемпе кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене типĕтесси | 650 | 750 |
| Ҫарансемпе кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене тасатасси, йывăҫ тĕмĕсене кăкласси | 740 | 960 |

Колхозсенче 7 миллион тоннăран кая мар тислĕк, 1,4 миллион тонна торфокомпост тата 300 пин тонна тислĕк шĕвекĕ хатĕрлессине тата вĕсене 1953 ҫулхи кĕркуннепе 1954 ҫулхи ҫуркунне ҫарансем ҫине кăларассине йĕркелемелле.

СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствин, вырăнти совет тата ялхуҫалăх органĕсен ҫапла тумалла: колхозсенче фуражлăх тĕштырă акакан лаптăксене пысăклатмалла, колхозсенче тĕштырăран фураж фончĕсем тунине тата вĕсемпе тĕрĕс усă курнине ҫирĕп тĕрĕслесе тăмалла, ҫавăн пекех пăрҫа йышши тĕштырă культурисен — сурхи тата кĕрхи вика, лашасене ҫитерекен бобы, пăрҫа, чина, нута, ясмăк тата ытти культурăсен — вăрлăхне туса илес ĕҫе лайăхлатма тата вĕсен вăрлăхĕсене ĕрчетессине хăвăртлатма мерăсем йышăнмалла.

2. 1953 ҫултан пуҫласа выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕке ҫитерме фуражлăх тĕштырă (сĕлĕ, урпа, кукуруза, пăрҫа йышши тĕштырăсем тата ытти культурăсемпе тĕштырă каяшĕсем) авăртнăшăн тата ҫурнăшăн кĕреҫе тырри парассинчен колхозсене хăтарас. Государствăпа кооператив арманĕсенче фуражлăх тĕштырра авăртнăшăн центнер пуҫне 3 тенкĕ укҫан илмелле.

3. Колхозсен выльăхĕсем валли концентратлă апатсем ҫителĕклĕ пулччăр тесе, СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Апат-ҫимĕҫ таварĕсен промышленность министерствине 1953 ҫултан пуҫласа ҫапла тума хушас:

а) государствăна обязательнăй йĕркепе тулă паракан колхозсене тулă панă виҫерен 7 процент чухлĕ сăсăл тавăрса памалла, сăсăлшăн туллăн хальхи хатĕрлев хакĕсемпе тӳлеттермелле:

(Малалли 2-мĕш страницăра).

*) Юлашки. Пуҫламăшĕ 190-мĕш номерте.

Мускав, Кремль.

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Г. М. МАЛЕНКОВ юлташа

Хисеплĕ Председатель юлташ!

Аслă Совет Союзĕн территорийĕнчен тухса каяс умĕн пирĕн делегацишĕн тăрăшнăшăн тата ăна тимлĕ пăхнăшăн Совет Правительствине тата Сире хăвăра чĕререн хисеплени ҫинчен пĕлтерме ирĕк парăр мана.

Нимĕн иккĕленмелли те ҫук, пирĕн икĕ Правительство Мускавра ирттернĕ калаҫусем пирĕн икĕ халăх хушшинчи туслă хутшăнусене малалла тĕреклетес ĕҫе, пирĕн халăх хуҫалăхне хăвăртрах юсаса аталантарас тата Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес ĕҫе ҫĕнĕ вăй хуни пулаççĕ.

Сире сывлăхлă пулма тата малашне те ăнăҫлă ĕҫлеме ырă сунатăп.

Чита хули.

1953 ҫулхи сентябрĕн 28-мĕшĕ.

**Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ КИМ ИР СЕН.**

## Пĕтĕм Союзри Профессиллĕ Союзсен Центральнăй Совечĕ пĕлтерни

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пуҫарнипе мĕнпур ҫĕршывсенче тĕнчери лару-тăрăва ҫăмăллатас тĕллевпе тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелессишĕн кампани сарăлса пырать. Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕҫлекен Совет Комитечĕн пленумĕ совет ҫыннисене ҫак кампание активлăн хутшăнма чĕнсе каларĕ.

Пĕтĕм Союзри Профессиллĕ Союзсен Центральнăй Совечĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн тата Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕҫлекен Совет Комитечĕн пленумĕ йышăннă ҫак решенисене чĕререн ырласа йышăнать. Ҫак решенисем мире тĕреклетме пулăшаççĕ тата мĕнпур халăхсен пурнăҫ интересĕсене тивĕҫтереççĕ.

Пирĕн социализмла аслă Тăван ҫĕршыв мире сыхласа хăварас тата тĕреклетес тĕлĕшпе ҫирĕп политика тытса пырать, мĕнпур ҫĕршывсемпе килĕштерсе ĕҫлессине тата ĕҫлĕ ҫыхăнусем тытассине вăйлатать, мире юратакан мĕнпур халăхсемпе пĕр шухăшлă пулса тăванла туслăха тĕреклетет. Совет Союзĕ ҫакна ҫирĕп шанса тăрать: хальхи вăхăтра интересленекен государствăсем пĕр-пĕрипе калаҫса татăлнă никĕс ҫинче мирлĕ майпа татса пама пултарайман тавлашуллă е татса паман ыйтусем ҫук.

Корейăна Китай халăхĕсен, мирпе демократин пĕтĕм лагерĕн пысăк ҫĕнтерĕвĕ пулса тăракан Корейăри перемири ҫакна кăтартса парать: государствăсем хушшинче тĕнчери йывăр лару-тăрăва ҫăмăллатма пулăшакан тивĕҫлĕ килĕшӳсем тунипе тĕнчери ку таранччен татса паман ытти мĕнпур ыйтусене те мирлĕ майпа татса пама пулать.

Анчах та мире хирĕҫ пыракан тăшманла вăйсем тĕрлĕ провокацисем тунипе тĕнчери йывăр лару-тăрăва ҫăмăллатассине чăрмантарма тăрăшаççĕ, вĕсем малашне те чăрмантарма пăхĕç. Вăрçă чĕртекенсем тĕнчери общество шухăшне ултала пăхаççĕ: хăйсем державăсен представителĕсене пухса калаҫусем ирттерессшĕн пулнă пек калаççĕ, ҫав вăхăтрах—е калаҫусем пачах пулма ан пултарччăр, е пулсан та нимĕнле результат та пама ан пултарччăр тесе, малтанах условисем кăларса тăратаççĕ.

Мир тăшманĕсен ҫавнашкал маневрĕсем халăхсене сыхăлăха ӳстерме, тăшмансем вăрҫă чĕртсе яма, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене йĕркелесси ҫинчен калаҫусем ирттерессине пĕтерсе лартма тăвакан мĕнпур ĕҫсене татăклă отпор пама хатĕр пулма хушаççĕ.

Пирĕн ҫĕршыври мĕнпур ĕҫҫыннисем Совет правительстви тĕнчери лару-тăрăва ҫăмăллатас, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене килĕшӳсем тунипе татса парас тĕлĕшпе тытса пыракан тулашри мирлĕ политикине хапăл туса йышăнаççĕ. Совет Союзĕнчи ĕҫҫыннисем Совет правительстви Германи ыйтăвĕ тăрăх тăратнă сĕнӳсене пĕтĕмпех ырласа йышăнаççĕ, ҫав сĕнӳсем Германи халăхĕн нациллĕ интересĕсемшĕн тата ытти халăхсен хăрушсăрлăхĕн интересĕсемшĕн Германи ыйтăвне татса пама ҫул уҫса параççĕ.

Совет правительстви Корея ыйтăвĕ тăрăх, хĕҫпăшалсене чакарас тата атомлă хĕҫпăшала, ҫавăн пекех халăха массăллăн пĕтерекен ытти йышши хĕҫпăшалсене чарса лартас тĕлĕшпе, хăшпĕр ҫĕршывсенче халăхсем хушшинче хирĕҫӳсем кăларас тата пĕр-пĕрне курайми тăвас тĕлĕшпе саракан пропагандăна, ҫавăн пекех ҫĕнĕ вăрҫа хатĕрленес тĕлĕшпе сарса пыракан пропагандăна чарса лартма мерăсем йышăнасси ҫинчен панă сĕнӳсем те тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелесе яма ҫирĕп никĕс туса хураççĕ.

Совет халăхĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ тата тĕнчери мĕнпур прогрессивлă вăйсем Китай Халăх Республикине ООН-ра, ҫавăн пекех тĕнчери ытти организацисенче законлă правасене пама ыйтнине, ҫавăн пекех тĕнчери йывăр лару-тăрăва ҫăмăллатасси ҫинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма Китай Халăх Республикине хутшăнтарасси ҫинчен ыйтнине чĕререн ырласа йышăнать.

Совет халăхĕ телейлĕ, тулăх, савăнăҫлă пурнăҫшăн, коммунизм тумалли аслă тĕллеве пурнăҫлассишĕн тăрса мирлĕ ĕҫ туса пырать, вăл тĕнчери мĕнпур тавлашуллă ыйтусене татса пама, мире сыхласа хăварма тата тĕреклетме чĕререн тăрăшать.

ВЦСПС профессиллĕ союзсен мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕҫҫыннисене Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пуҫарнипе тĕнчери тавлашуллă ыйтусене йĕркелессишĕн пĕтĕм тĕнчипе ирттерекен кампание пулăшса тăма чĕнет.

ВЦСПС ҫакна шанса тăрать: пирĕн Тăван ҫĕршыври ĕҫҫыннисем социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса ярĕҫ, хăйсен ĕҫри ҫитĕнĕвĕсемпе советлă социализмла государствăна—мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕн тĕрекне—тата ытларах вăйлатĕҫ.

ВЦСПС Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕҫҫыннисене мир ĕҫĕшĕн кĕрешес тĕлĕшпе тата тачăрах пĕтĕҫме, агрессиллĕ вăйсен кавар̆есене хирĕҫ хăйсен сыхăлăхне ывăнма пĕлмесĕр ӳстерме, мĕнпур ҫĕршывсенчи ĕҫҫыннисемпе тытакан интернационалла тăванла ҫыхăнусене тĕреклетме тата аслăлатма чĕнет.

**ПĔТĔМ СОЮЗРИ ПРОФЕССИЛЛĔ СОЮЗСЕН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ СОВЕЧĔ.**

## Мире ĕҫпе ҫирĕплететпĕр

СОВЕТСКИ. Промкомбинатра ĕҫлекенсем хăйсен пухăвĕнче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Будапештри сессийĕн тата Мире хӳтĕлекенсен Совет Комитечĕн пленумĕн решенийĕсене сӳтсе ярĕҫ.

Рабочисем, пĕрин хыҫҫăн тепри тухса каласа, Совет правительствин мирлĕ политикине хĕрӳллĕн ырларĕҫ, хăйсен хастарлă ĕҫĕпе мире ҫирĕплетсе пыни ҫинчен пĕлтерчĕҫ.

— Ирĕке юратакан халăхсем,—терĕ ҫĕвĕҫ Ф. Васильева юлташ,—тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса парассишĕн кĕрешеççĕ. Миршĕн кĕрешекенсен ҫирĕп лагерĕ ҫумне ҫĕнĕрен миллионшар ҫынсем пĕрлешсе пыраççĕ. Эпир пилĕк ҫуллăх плана срокчен тултарассишĕн вăя шеллемесĕр ĕҫлĕпĕр.

Васильева юлташ уйăхри плана 160 процентран кая мар тултарса пыма, Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 ҫул тултарнă тĕле ҫулталăкри планран ирттерсе продукци туса кăларма, продукци пахалăхне лайăхлатма сăмах пачĕ. П. Зеленовпа И. Васильев юлташсем те ĕҫ тухăҫлăхне ӳстерме сăмах пачĕҫ.

Комбинат августри производство планне 120 процент тултарнă. Рабочисем сентябрьти плана 130 процент тултарма, ҫулталăкри производство планне аслă Октябрь уявĕ тĕлне тултарма, продукци пахалăхне нумай лайăхлатма обязательство илчĕҫ.

А. ЛУКИН.

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн

# Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем синчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

(Малалли).

б) Кăнтăрти, Кăнтăр-Хĕвеятухăçри, Хĕвеланăç Çĕпĕрти тата ытти районсенче, тăпрапа çанталăк условийĕсем хаклă апат-çимĕç культури — тулă ÿстерме лайăх май панă çĕрте, фуражлăх тĕштырă культурисем ака лаптăкĕ мар лаптăксем уйăрнă çĕрте, улăштарса илмелли халăх эквивалентсем тăрăх, фураж культурисен тĕштыррине тулăпа улăштарса памалла;

в) государствăна обязательнăй йĕркепе паракан тата машина-трактор станцийĕсемпе специализациленĕ станцисем ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе çу кăлармалли культурăсен вăррине паракан колхозсене льготăллă хакпа сутакан турантăн (жмыхăн) нормине 1953 çулхи нимĕçĕн çус сутлан пуçласа центнер пуçне 12 килограмм таран тăвас.

Пĕтĕм-долгунецпа кантăр тĕлĕшпе колхозсене турантă сутмалли хальхи йĕркене çаплипех хăварас.

Çу кăлармалли культурăсен вăррине планран иртерсе 25 процент таран панăшăн колхозсене турантă сутмалли нормăна центнер пуçне 16 килограмм палăртас, çу кăлармалли культурăсен вăррине планран иртерсе 25 процентран пуçласа 50 процент таран панăшăн—центнер пуçне 32 килограмм, планран иртерсе 50 процент ытла вăрă панăшăн—центнер пуçне 40 килограмм турантă сутмалла тăвас.

4. Ĕнесен сĕт тухăçлăхне ÿстерес шутпа, колхозсене çапла тума сĕнес: çуллахи вăхăтра выльăх-чĕрлĕхе кĕтÿре ÿсретмесĕр лагерьсенче усрассине, выльăхсене кĕтÿ ÿсретмелли вырăнта участоксем тăрăх ÿситермелли системăна усă курса усрассине, сĕтеклĕ симĕс апатпа тулăх тăрантарассине пурнăçа анлăрах кĕртмелле.

Çуллахи тата кĕркунехи вăхăтра выльăхсене симĕс тата сĕтеклĕ апатпа тăрантарма кĕтÿ ÿсретмелли искусственнăй вырăнсем тумалла, нумай çул ÿсекен курăксем акмалла, çур ÿсекен пучахлă-çерешлĕ тата пăрçа йышши курăксем, çавăн пекех выльăхсене тымарçимĕçсем акмалла.

Çапла тума кирлĕ тесе шутлас: кашни колхозăн тата совхозăн ĕне пуçне 5—6 тоннăран кая мар силос хывса хумалла, силос хывма кукуруза, хĕвелçаврăнăш, выльăхсене ситермелли культурăсене тата ытти силос культурисене ÿстермелле.

5. Казах ССР-ĕнчи, Узбек ССР-ĕнчи, Туркмен ССР-ĕнчи, Таджик ССР-ĕнчи, Киргиз ССР-ĕнчи, Грузи ССР-ĕнчи, Азербайджан ССР-ĕнчи, Астрахань, Грозный, Сталинград, Ростов облаçĕсенчи, Дагестан АССР-ĕнчи, Çурçĕр-Осетин АССР-ĕнчи тата Ставрополь крайĕнчи колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тата уйăрмах сурăх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма выльăхсене инçете илсе кайса ситермелли вырăнсемпе тĕрĕсрех тата туллинрех усă курас шутпа тата çав республикăсене, крайсемпе облаçсене выльăхсене инçете хăваласа ÿсресине майĕпен чакарас шутпа, выльăхсене инçете илсе кайса ситермелли вырăнсен участокĕсенче строительство ĕçĕ ĕçне тумалла, çак шутпа нумай çул тăрă пĕр çул ÿсекен курăксем акмалла, выльăхсем витисем, çавăн пекех пурăнмалли çуртсем культурăна йĕла çуревсем тăрмалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви выльăхсене инçете илсе кайса ситермелли вырăнсене тĕрĕсрех тата вырăнлăрах усă курасси çинчен 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне СССР Министрĕсен Совечĕ сĕнÿсем тăратмалла.

6. СССР Вăрман тата хут промышленность министерстви стандартлă йывăç çуртсем тата чабансен бригадисен валли вагончиксем тума хушас, вĕсене выльăхсене инçете вырăнсене илсе кайса ситерекен районсенчи колхозсене сутма Центросоюза пама хушас.

СССР Госпланне стандартлă çуртсемпе вагончиксем туса кăларассине

сутма тăратассине плансенче палăртмалла.

7. Выльăхсене шăвармалли вырăнсем ситеклĕ пулччăр тесе, кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсенче пуçа янă çăлсем тата артезиан çăлĕсем çакăн чухлĕ тумалла:

| | 1954 ç. | 1955 ç. |
| --- | --- | --- |
| Пуçа янă çăлсем | 6500 | 5800 |
| Артезиан çăлĕсем | 2730 | 3500 |

8. Колхозсем усă куракан тĕп çĕрсем çинче çăлсем тата шыв парса тăмалли ытти сооруженисем тăвас тĕлĕшпе пурнăçламалли проектпа тĕпчев ĕçĕсене тата строительствăна ертсе пырассине государство бюджечĕн шучĕпе тумалла. Государство фончĕн çĕрĕсем çинче çăлсемпе ытти сооруженисем тума тата проектпа тĕпчев ĕçĕсем тума тухакан расходсене государство бюджетне кĕртмелле. Колхозсене çирĕплетсе панă кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсенче, государствăн çĕр фондне кĕрекенсенче, çăлсем тата шыв илсе пымалли ытти сооруженисем тăвас ĕçе 50 процент чухлĕ государство бюджечĕ шучĕпе, 50 процентне колхозсен ĕç вăйĕ хутшăннипе тата вĕсен укçи-тенкипе тумалла.

9. Апат-çимĕç промышленность предприятийĕсен каяшĕсенчен комбикормсем тата выльăх апачĕ туса кăларассине ÿстерес шутпа:

а) СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви 1954 çулта комбикормсем туса кăларассине 2000 пин тоннăна, вăл шутра кайăк-кĕшĕк валли комбикормсем тăвассине 300 пин тоннăна çитермелле.

СССР Госпланĕн, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин комбикормсем тăвас тĕлĕшпе заводсен хăватне 1956 çулта çулталăкне 5000 пин тонна комбикорм туса кăларма пултаракан тăвасси çинчен пĕр уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне сĕнÿсем тăратмалла;

б) СССР Госпланĕн, СССР Финанс министерствин, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин комбикорм, апат шăмă çăнăхĕ тата пулă çăнăхĕ хакне йĕнетесси çинчен пĕр уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне сĕнÿ тăратмалла;

в) СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине 1954 çулта типĕ жом туса кăларассине 155 пин тоннăна, юн тата апат шăмă çăнăхĕ тăвассине 28 пин тоннăна тата выльăхсене ситермелли пулă çăнăхĕ туса кăларассине 31 пин тоннăна, типĕ пăрда тăвассине 23 пин тоннăна, выльăхсене ситермелли шăмă çăнăхĕ туса кăларассине 20 пин тоннăна çитермелле.

СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине 1954—1955 çулсенче жомохранилищесене йĕркене кĕртме, жом кăларас тата хывас ĕçе механизацилеме хушас.

10. Çакна тĕрĕс мар тесе шутлас: спирт, сахăр, сăра заводĕсенче тата апат-çимĕç промышленноçĕн ытти нумай предприятийĕсенче выльăх апатне юрăхлă каяшсене выльăхсене ситерме ярассине ку таранччен тивĕçлĕне йĕркелемен.

СССР Госпланне, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине тата СССР Совхозсен министерствине спирт, сахăр, сăра заводĕсенчи тата апат-çимĕç промышленноçĕн ытти предприятийĕсенчи выльăх апачĕ тума юрăхлă каяшсене усă курасси çинчен, предприятисем çумĕнче базисем — хатĕрлев пунктсем йĕркелесси çинчен тата государство сутăн илекен выльăхсене, çавăн пекех совхозсен выльăхĕсене самăртас тĕлĕшпе ялан ĕçлекен базисем организацилесси çинчен пĕр уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне сĕнÿсем тăратма хушас.

11. СССР Суту-илÿ министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине тата Центросоюза сыснасем самăртма хуласенче, промышленность центрĕсенче тата рабочисен поселокĕсенче апат-çимĕç каяшĕсене пуçтарассине организацилеме хушас.

верçальнăй машина ДКУ-1,2, шурлăхсенче ĕçлемелли яруслă ПВЯ-56 плуг, шурлăхсенче ĕçлемелли ФВ-1 йышши фрез, дренажно-кротовăй машина ДКН-2, траншейнăй экскаватор ЭТ-141, канав чавакан КМ-1400 йышши машина, косилка сĕçсене хăйрамалли пысăк тухăçлă станок, ДТ-54 тракторпа ĕçлекен курăка икĕ еннелле йăвантарса пыракан косилка, купа тăвакан икĕ подборщика сыхăнтармалли хатĕр, Рожновский конструкцийĕ тăрăх туса хатĕрленĕ çил вăйĕ пулăшнипе ĕçлекен двигатель, шыв паракан башньăпа пĕрле, тата кукуруза пухса кĕртекен КУ-2 йышши комбайн.

4. Машиностроени министерствине выльăх апачĕ хатĕрлеме, шурлăхлă улăхсарансене, кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене типĕтме тата тĕпрен лайăхлатма, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене комплекслă майпа механизацилеме кирлĕ çĕнĕ машинăсемпе хатĕрсем конструкцилес ĕçе вăйлатма, çавăн пекех тĕрĕслесе пăхнă результатсем тăрăх тума пуçланă конструкцисене вĕçлесе ситерме, 1954 çулта ДТ-54 тракторпа ĕçлекен сарлака косилка, «Беларусь» тракторпа ĕçлекен йăвантарса пыракан косилка тата утă капанĕ хывакан пысăк машина туса кăларас ĕçе организацилеме хушас.

Выльăх апачĕ хатĕрлес, улăх-сарансене тата кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене типĕтес тата тĕпрен лайăхлатас ĕçсене, выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилеме кирлĕ, туса ситермелли тата 1953—1955 çулсенче производствăна кĕртмелли çĕнĕ машинăсемпе хатĕрсен конструкцисен перечение çирĕплетес.

5. Машиностроени министерствине, Оборона промышленность министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, Металлурги промышленность министерствине, Çĕр кăмрăк промышленность министерствине, Авиаци промышленность министерствине, РСФСР Министрĕсен Советне тата Украина ССР Министрĕсен Советне 1954—1955 çулсенче выльăх апачĕн культурисем туса илес, выльăх апачĕсем хатĕрлес ĕçсене, сарансемпе кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене лайăхлатас ĕçсене механизацилеме ялхуçалăхне çакăн пек машинăсем, оборудовани тата материалсем тăратма хушас:

| вăл шутран: | | 1954 ç. | 1955 ç. |
| --- | --- | --- | --- |
| Самоходнăй косилкăсем | пин штук | 7,5 | 7,5 |
| Трактор косилкисем | » | 19,0 | 23,0 |
| Трактор кĕреплисем | » | 35,0 | 45,0 |
| Трактор волокушисем | » | 83,0 | 123,0 |
| Стогометательсем | » | 35,0 | 50,0 |
| Силос культурисем пухса кĕртмелли комбайнсем | » | 2,0 | 5,0 |
| Кукуруза пухса кĕртмелли комбайнсем | » | 2,5 | 3,5 |
| Экскаваторсем | » | 0,39 | 0,31 |
| Канав чавакан машинăсем | | 2,1 | 2,0 |
| Бульдозерсем | » | 1,1 | 1,1 |
| Тĕмсене касакан машинăсем | » | 1,0 | 2,0 |
| Скреперсем | » | 5,8 | 5,9 |
| Хурçă трос | тонна | 2440 | 2420 |
| Бензинпа ĕçлекен моторсем | пин штук | 30,0 | 50,0 |

СССР Госпланĕн 1954 тата 1955 çулсенчи халăх хуçалăх планĕсенче министерствăсемпе ведомствăсем тăрăх ялхуçалăхне машинăсем, оборудовани тата материалсем туса парас ĕçе палăртса хумалла.

6. Колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе 1954 тата 1955 çулсем валли çакăн пек заданисем çирĕплетес: шыв парас ĕçе 1954 çулта 20 пин фермăра тата 1955 çулта — 30 пин фермăра механизацилесе çитермелле; майракаллă шултра выльăха автопоилкăсемпе шăварас ĕçе асăннă çулсенче 10 пин тата 15 пин фермăра, ĕнесене сăвас ĕçе 5 пин тата 10 пин фермăра, фермăсенчи транспорта—10 пин тата 20 пин фермăра, концентратлă апатсем хатĕрлес ĕçе 10 пин тата 14 пин фермăра, утă-улăм хатĕрлесе парас

ĕçе—10 пин тата 15 пин фермăра, сĕтеклĕ апат хатĕрлесе парас ĕçе—15 пин тата 20 пин фермăра, апатсене пăспа пĕçерсе парас ĕçе 1954 çулта 40 пин таран тата 1955 çулта—45 пин фермăра механизацилесе çитермелле.

Çак ĕçсенче пуринчен ытла фермăсенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене комплекслă майпа механизацилемелле тăвас пулать, ку тĕлĕшпе çĕнĕ, пуринчен те лайăхрах, тухăçлăрах механизаци меслечĕсемпе усă курмалла.

Машина-трактор тата специализациленĕ станцисен трактор ĕçсен планĕсенче кирлĕ чухне выльăх-чĕрлĕх фермисене тиелĕке колхозсен инçетри уй-хир участокĕсене турттарса кăларас ĕçе пăхса хумалла тума СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине хушас.

7. СССР Госпланне 1954 тата 1955 çулсенчи халăх хуçалăх планĕсенче çак ĕçсене пăхса хума хушас:

а) выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилемешкĕн СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине — колхозсене сутма, СССР Совхозсен министерствине — совхозсене тăратма çакăн пек машинăсем, оборудовани тата материалсем туса памалла тата тăратмалла:

| вăл шутран: | | 1954 ç. | 1955 ç. |
| --- | --- | --- | --- |
| Ене сумалли установкăсем | пин штук | 7,5 | 15,0 |
| Карса тунă çулсем | пин комплект | 8,2 | 16,5 |
| Выльăх апатне пăспа пĕçермеллисем | пин штук | 37,0 | 41,5 |
| Çилпе ĕçлекен двигательсем | » | 5,1 | 7,7 |
| Электродвигательсем 10 киловатт таран | » | 80,0 | 131,0 |
| Тĕрлĕ насуссем | » | 25,5 | 48,3 |
| Пăспа ĕçлекен установкăсем | » | 0,5 | 1,0 |
| Водопровод валли чугун трубасем | пин тонна | 15,0 | 25,0 |

б) РСФСР Министрĕсен Советне РСФСР Вырăнти тата топливо промышленность министерстви валли, Украина ССР Министрĕсен Советне Украина ССР Вырăнти тата топливо промышленность министерстви валли тимĕр баксем хатĕрлеме 1954 çулта 20 пин тонна тата 1955 çулта—30 пин тонна листаллă тата вĕтеслĕ хурçă; СССР Вăрманпа хут промышленность министерствине шыв тытмалли йывăç баксене кăларма 1954 çулта 3,7 пин тонна тата 1955 çулта—5,6 пин тонна хурçă уйăрса памалла.

8. Машиностроени министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине тата Хими промышленность министерствине СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата СССР Совхозсен министерстви валли 1954 тата 1955 çулсенче выльăх-чĕрлĕх фермисенче монтаж ĕçĕсем туса прттерме тата кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене шыв парса тăма кирлĕ пулакан машинăсемпе оборудовани тăратма хушас.

9. Выльăх-чĕрлĕх фермисене механизацилес ĕçсене лайăхрах организацилес тата комплекслă майпа прттермелле тăвас шутпа çакăн пек тумалла: çак ĕçсене машина-трактор станцисем пурнăçлассĕ, колхозсем илнĕ машинăсемпе оборудованипе МТС-сем турттарса килессĕ те вĕсене выльăх-чĕрлĕх фермисене вырнаçтарса лартса парассĕ. Колхозсем механизаци объекчĕсене вĕсене ĕçе яма хатĕрлесе ситернĕ хыççăн йышăнассĕ.

10. МТС работникĕсем валли ĕç стажĕшĕн хушса тÿлемелле тунă йĕркене улăх-сарансенче мелиораци ĕçĕсем прттерес тĕлĕшпе ĕçлекен работниксем валли те тата машинăпа выльăх-чĕрлĕх станцисенче ĕçлекен работниксем валли те сармалла тăвас.

11. Выльăх апачĕсен культурăсем туса илес, сарансемпе кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене лайăхлатас тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилеме кирлĕ машинăсем туса кăларас тĕлĕшпе Машиностроени министерстви хăвачĕсене ÿстерес тата производствăлла никĕсне вăйлатас енĕпе туса прттермелли мероприятисене çирĕплетес.

## V.

## Выльăх апатне каякан культурăсем туса илессине тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилесси çинчен

1. Колхозсенче утă çулас, пустарас тата купана хывас ĕçсене 1954 çулта 65 процент таран тата утă капанĕсем тăвас ĕçе 50 процент таран, 1955 çулта вара утă çулас, пустарас, купана хывас ĕçсене—80 процент таран тата капана хывас ĕçе 65 процент таран механизацилесе ситермелле, силос хывас ĕçсене асăннă çулсенче 65 процент тата 75 процент, силос культурисене тымарсемпе апас тата йĕран хушшисене кăпкалатас ĕçсене—75 процент тата 95 процент, комбайнпа пухса кĕртнĕ выльăхсене тата пустарас тата капана хывас ĕçсене 1954 çулта 50 процент таран тата 1955 çулта—70 процент таран механизацилесе çитермелле.

2. 1954—1955 çулсенче силос сооруженийĕсем тăвас, улăх-сарансемпе кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене лайăхлатас тата улăхсене купаса хывас тĕлĕшпе машинăсемпе çакăн чухлĕ ĕçсем тума пăхса хумалла: 1954 çулта силос сооруженийĕсем 7,0 миллион кубометр, 1955 çулта—10,0 миллион кубометр чухлĕ чавмалла; шурлăхлă улăх-сарансене кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене 1954 çулта—650 пин гектар тата 1955 çулта—750 пин гектар типĕтмелле; улăх-сарансене тата кĕтÿ ÿсретмелли вырăнсене 1954 çулта—740 пин гектар çинчĕ тата 1955 çулта — 960 пин гектар çинче тунката кăкламалла тата вĕтĕ-ăвăсене тасатмалла; комбайнпа пухса кĕртнĕ хыççăн юлакан улăма 1954 çулта—40 миллион гектар çинче тата 1955 çулта—60 миллион гектар çинчен пухса кĕртмелле тата хывмалла.

3. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин çав машинăсемпе хатĕрсене туса кăларма тивĕçлĕн синчен пĕр уйăх хушшинче сĕнÿсем тăратмалла: купасенĕ утă хатĕрлекен ДУП-10 йышши машина; улăхсенче ĕçлекен ДКУ-1 установка, ВНУ-3 йышши наука академийĕн ялхуçалăх механизацийĕн институчĕ ĕçлесе хатĕрленĕ машинăсем тата Беларусь ССР-ĕнчи Наука академийĕн ялхуçалăх механизацийĕн институчĕ ĕçлесе кăларнă конструкцийĕ тăрăх хатĕрленекен ун-

## VI.

## Выльăх-чĕрлĕхе усрама çуртсем лартасси çинчен

1. 1954 çулта колхозсенче выльăх-чĕрлĕх усрамалли çуртсем лартмалли плана çирĕплетес: выльăх витисемпе пăру витисем—4,2 миллион пуç вырнаçмалăх, сурăх витисем—16,3 миллион пуç вырнаçмалăх, сысна витисем—2,5 миллион пуç вырнаçмалăх, кайăк-кĕшĕк витисем—27 миллион пуç вырнаçмалăх, чĕпĕсене усрамалли çуртсем—30,0 миллион пуç вырнаçмалăх, силос хывмалли тĕп сооруженисем 6,0 миллион тонна силос вырнаçмалăх тумалла.

Колхозсене çапла тума сĕнес: вĕсен строительство бригадисем тумалла, выльăх-чĕрлĕхе усрамалли çуртсем лартнă çĕрте строительство бригадисен членĕсене ĕçшĕн тÿлемелли сдельно-премиальнăй системăна анлăн пурнăçласа пымалла, çавăн пекех тата, колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ йышăннă тăрăх, бригадăсене, вĕсем ĕçсене лайăх туса пырсе, выльăх-чĕрлĕхсене усрамалли çуртсене срокчен туса пĕтернĕшĕн укçапа тата натурăпа та премисем памалла.

2. МТС-сенчи машинăсемпе тата механизмсемпе лайăхрах, туллинрех усă курас шутпа çакăн пек тума вырăнлă тесе шутлас: МТС-сен колхозсене выльăх-чĕрлĕхе усрамалли çуртсем, силос хыв-

малли сооруженисем тăвас, строительство материалĕсем кÿрсе килес тата хăма çурас ĕçре пулăшмалла.

3. СССР Госпланне 1954 тата 1955 çулсенчи плансенче выльăх-чĕрлĕхе усрамалли çуртсем тунă çĕрте усă курмашкăн колхозсене сутма Центросоюза çакăн чухлĕ уйăрса парассине палăртса хума хушас: шифер 660 миллион штук, вăл шутран 1954 çулта 300 миллион штук тата 1955 çулта 360 миллион штук, ССР Союзĕн вăрмансăр районĕсем валли сурман йывăç 8,0 миллион кубометр, вăл шутран 1954 çулта 4,0 миллион кубометр, 1955 çулта 4,0 миллион кубометр уйăрса памалла, сурнă йывăç 4.8 миллион кубометр, вăл шутран 1954 çулта—2,4 миллион кубометр тата 1955 çулта—2,4 миллион кубометр уйăрса памалла.

4. Вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕн предприятийĕсенче вырăнти строительство материалĕсем (кирпĕч, черепица, известь) туса кăларассине ÿстерес, çапла вара 1955 çулта колхозсене кун пек строительство материалĕсем çакăн чухлĕ сутмалла: кирпĕч—2,000 миллион штук, черепица—300 миллион штук тата известь—700 пин тонна,— çак строительство материалĕсене облисполкомсем, крайисполкомсем тата

республикăсен Министрĕсен Совечĕсем кăтартса панă хакпа сутмалла.

Хуçалăхшăн усăллă пулсан, колхозсене хăйсен вăйĕпе тата хăйсен средствисемпе кирпĕч, черепица тата известь тăвассине организацилеме сĕнес.

5. СССР Вăрманпа хут промышленность министерствине 1954 тата 1955 çулсенче СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине колхозсене сутмашкăн 4.000 стандартлă силос башнисем туса пама хушас,— силос башнисем комплектлă пулмалла,—вăл шутран 1954 çулта—2,000 башня туса памалла, вĕсенчен 1.000 башня 250 тонна кĕрекеннисем тата 1.000 башня 150 тонна кĕрекеннисем пулмалла, 1955 çулта—2.000 башня туса памалла, вĕсенчен 1.500 башня 250 тонна кĕрекеннисем тата 500 башня 150 тонна кĕрекеннисем пулмалла.

6. Çул-йĕр министерствине сулă юхтармалли юханшывсем çывăхĕнчи облаçсенче, крайсенче тата республикисенче шыв тăрăх юхтарса килнĕ тата вăрман хатĕрлекен пунктсенчи йывăçа колхозсемпе совхозсенчи строительство валли çав облаçри, крайри тата республикăри пур çулсем тăрăх та турттарма хушас.

7. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине колхозсенчи строительство ĕçĕсенчи примерлă ĕç нормисене тата ĕçленĕшĕн ĕçкунĕсем шутласа памалли расценкисене, строительство ĕçĕнчи колхозниксене ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркесене, çавăн пекех тата строительство бригадисен бригадирĕсене мĕн чухлĕ тÿлемелли йĕркене туса хатĕрлеме ирĕк парас.

## VII.

## Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатма колхозниксене пурлăх енĕпе ытларах интереслентересси çинчен

1. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарас тата унăн таварлăхне пысăклатас тĕлĕшпе колхозниксен интересне ÿстерес тĕллевпе колхозсене çапла тума сĕнес; колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăннă тăрăх, выльăх тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутнипе пухăнакан укçа-тенкĕрен колхозниксене аванс шучĕпе 25 процента яхăн валесе памалла. Колхозниксене çакăнта асăннă аванс укçине кашни кварталта обществăлла хуçалăхра ĕçлесе иртнĕ кварталта тунă ĕçкунĕсем тăрăх 15 процент таран, кунсăр пуçне тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре тунă мĕнпур ĕçкунĕсем тăрăх 10 процент таран памалла: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре тунă ĕçкунĕсемшĕн колхозника укçан панă аванс хисепĕ укçан тивекен тупăшсене татăклăн валеçнĕ чухне чакмалла мар.

Колхозсем ыйтнă тăрăх Госбанкăн колхозсен выльăх-чĕрлĕх, чăх-чĕп, хуркăвакал ĕрчетнинчен укçан илнĕ пĕтĕм тупăшĕнчен 25 процентне уйрăм текущи счет çине çырса хумалла, ку счет çинчи укçана колхозсем çак Постановленипе палăрнă пек ĕçкунĕсем тăрăх валеçне çес расходлама пултарассĕ.

2. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине выльăх-чĕрлĕхĕн тĕрлĕ йышши продукчĕсене мĕн чухлĕ илнине тата выльăх-чĕрлĕх шутне упраса хăварнине кура ĕçкунĕсем памалли расценкăсене, çавăн пекех тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче уйрăм колхозниксем çумне продуктивлă выльăхсем çирĕплетмелли примерлă нормăсене çирĕплетме ирĕк парас.

3. Çамрăк выльăхсене пăхса ÿстермелли, ситĕннĕ выльăхсене упраса хăвармалли тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли заданисене иртерсе тултарнăшăн хушса тÿлемелли хальхи йĕркене тата хисепе улăштармасăр хăварас, колхозниксене выльăх-чĕрлĕх продукчĕ илнĕшĕн тата выльăхсене упраса хăварнăшăн хушса тÿлессине вăхăтра туса памалла. Çавăн пек йĕрке тăвас: колхозниксене обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстернĕшĕн хушса тÿлемеллинчен 50 процентне колхоз государствăна çав продуктсене памалли плана тултариччен, ытти 50 процентне çав плана тултарнă хыççăн памалла. Çамрăк выльăхсене упраса хăварнăшăн тата пăхса ситĕнтернĕшĕн хушса тÿлемеллине колхоз выльăхсен шутне ÿстермелли плана тултарнине тата государствăна аш-какай парса татнине пăхмасăр памалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине выльăх апачĕ хатĕрленĕ çĕрте тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи вăй нумай ыйтакан ĕçсене механизациленĕ установкăсем патĕнче ĕçлекен колхозниксене хушса тÿлемелли йĕрке тăвасси синчен пĕр уйăхлăх срокра СССР Министрĕсен Советне сĕнÿсем тăратма хушас.

Колхозсене çапла тума сĕнес: колхозниксем кăмăл тусассăн, вĕсем хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх илме тивĕçлĕ выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем вырăнне урăх продуктсем улăштарса памалла е хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх илме тивĕçлине колхозра суту-илÿ енĕпе колхоз сутакан выльăх-чĕрлĕх продукчĕн вăтам хакĕ тăрăх шутласа укçан памалла.

4. Сысна фермисенчи работниксене хушса тÿлемелли хальхи йĕркене хăшпĕр енчен улăштарса çапла тăвас: сыснасене самăртнăшăн — колхоз аш-какай шучĕпе панă тата ытти çĕре янă сыснасемшĕн те свинарьсене хушса тÿлемелле.

5. Колхозсене çапла тума сĕнес:

а) ĕнесен йышне ÿстермелли плана тултарнăшăн фермăсен заведующийĕсене, колхозсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн заведующийĕсене, специалистсене, колхозсен председателĕсене, вĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçлекен заместителĕсене вĕсене кашнине майракаллă шултра выльăхсем ĕрчетес ĕç мĕнле пынине кура сырса панă ĕçкунĕсен пĕтĕм хисепĕн 5 процентчĕ таран хушса тата ĕнесен шутне ÿстермелли плана иртерсе тултарнин кашни процентшĕн ĕçкунĕсен 1 проценчĕ таран хушса тÿлемелле;

б) выльăхсене хĕл касарнă хыççăн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксене кашнин сумне çирĕплетнĕ выльăхсен йышне упраса хăварнăшăн çакăн чухлĕ ĕçкунĕ хушса сырса памалла:

иртнĕ хĕлре выльăхсене, çавăн пекех чăх-чĕпе хур-кăвакала пĕтĕмпех упраса хăварнăшăн кашни работник хăй выльăхсене тата чăх-чĕпе хур-кăвакала хĕл касиччен пăхнă вăхăтра тунă ĕçкунĕсен хисепĕн 10 процентĕнчен пуçласа 20 проценчĕ таран ĕçкунĕсем хушса памалла;

ситĕннĕ тата пĕр çул тултарнă çамрăк продуктивлă выльăхсене иртнĕ хĕлре 97 процентран кая мар тата пĕр çула ситмен çамрăк выльăхсене 95 процентран кая мар упраса хăварнăшăн, çавăн пекех тата чăх-чĕпе хур-кăвакал фермисенчи работниксене кайăк-кĕшĕксен йышне 95 процентран кая мар упраса хăварнăшăн кашни работник хăй выльăхсене тата чăх-чĕпе хур-кăвакала хĕл касиччен пăхнă вăхăтра тунă ĕçкунĕсен хисепĕн 5 процентĕнчен пуçласа 10 проценчĕ таран ĕçкунĕсем хушса памалла.

Выльăхсен йышне упраса хăварнăшăн колхоз председателĕсене, вĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе ĕçлекен заместителĕсене, çак ĕçре—кăна ĕçлекен бригадирсене, специалистсене, пĕтĕм фермăра выльăхсене маларах каланă пек упраса хăварнă пулсан, выльăх тата чăх-чĕпе хур-кăвакал пăхакан работниксене ĕçкунĕсем хушса панă йĕркепех ĕçкунĕсем хушса сырса памалла.

в) чабансемпе кĕтÿçĕсене производствăра ĕçленĕ чухне тăхăнмалли тумтирсемпе атă-пушмак памалла.

6. Выльăхсен йышне ÿстермелли, государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт памалли, МТС ĕçленĕшĕн натуроплата памалли плана тултарнă тата продуктсем сутмалли договорсене пурнăçланă колхозра, е сурăхсен йышне ÿстермелли, обязательнăй йĕркепе çăм памалли, МТС ĕçленĕшĕн натуроплата памалли плана тултарнă тата продуктсем сутмалли договорсене пурнăçланă колхозра, е майракаллă шултра выльăхсен тата сыснасен йышне ÿстермелли, государствăна обязательнăй йĕркепе аш-какай памалли, МТС ĕçленĕшĕн натуроплата памалли плана тултарнă тата продуктсем сутмалли договорсене пурнăçланă колхозра колхозник килĕсем государствăна сĕт, çăм е аш-какай памалли нормăсене çитес çул 10 процент чакармалла тăвас.

СССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн 1949 çулхи апрелĕн 18-мĕшĕнчи 1511 номерлĕ Постановленийĕн 4-мĕш пункчĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕн 1951 çулхи июлĕн 11-мĕшĕнчи 1945 номерлĕ Постановленийĕн 10-мĕш пункчĕ вăйне çухатнă тесе шутлас.

7. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк ситĕнÿсем тунăшăн колхозсене хавхалантарас тĕлĕшпе çакăн пек йĕрке тăвас: пур йышши продуктивлă выльăхсен тата чăх-чĕпе хур-кăвакал йышне, ама выльăхсен йышне ÿстермелли çулталăкри плана тултарнăшăн, выльăхсене тата чăх-чĕпе хур-кăвакала самăр пăхса усранăшăн, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăпартмалли заданисене, государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăсене тултарнăшăн, — выльăх витисем тумалли плана тултарнă, выльăхсем тата чăх-чĕпе хур-кăвакал валли апат çителĕклĕ хатĕрленĕ пулсан, — колхоза государство премийĕ — груссем турттармалли е çăмăл çÿремелли пĕр автомашина парассĕ.

Колхозсене премисем облисполкомсем, крайисполкомсем тата республикăсен Министрĕсен Совечĕсем ыйтнипе, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви кăларнă приказсем тăрăх парассĕ.

СССР Госпланне 1954—1956 çулсенче кашни çулах СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине груз турттармалли 2.500 автомобиль тата ГАЗ-69 йышши 2.500 çăмăл автомобиль памалла тума палăртма, СССР Финанс министерствине 1954—1956 çулсенче колхозсене премилеме уйăрнă автомобильсемшĕн тÿлеме укçа-тенкĕ уйăрса пама палăртма хушас.

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

*СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче*

# Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

(Юлашки).

8. Колхозсене çапла тума сĕнес:

а) утă пуххе пĕртнĕ тата улăм пуçтарнă вăхăтра колхозниксене тата машина-трактор станцийĕсен, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри машинăсен станцийĕсен тата ытти специализациленĕ станцисен трактор бригадисенче ĕçлекенсене, утă пухнă тата улăм хатĕрленĕ чухне тунă ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе, колхозра хатĕрленĕ, приходланă тата колхоз правленийĕ пынăнă пĕтĕм утăпа улăмран 10 процент таран, никĕмĕш хут çулса пухнă утăран—20 процент таран парессе памалла; утă хатĕрлевĕн планне тултарнă колхозсенче, планран ирттерсе хатĕрленĕ утăран 30 процентне ĕçкунĕсем тăрăх парасса памалла. Кунсăр пуçне, выльăх апачĕ хатĕрленĕ тапхăрта мĕнпур колхозниксене, çĕнĕ çул пуçланнăранпа тунă ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе, хатĕрлесе хунă пĕтĕм утăран 5 процент таран утă, хатĕрленĕ тата улăмурисене хунă улăмран 10 процент таран улăм валеççе памалла. Выльăх апачĕ хатĕрлесе ситернĕ, государствăна утă памалли плана тултарнă тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли сителĕклĕ апат хатĕрлесе хунă хыççăн выльăх апатне ĕçкунĕсем тăрăх татăклăн валеçмелле. Ялхуçалăхĕнчи ĕçсен иртнĕ тапхăрĕнче шута илме тивĕçлĕ сĕлтавсăрах ĕçкунĕсен минимумне тултарман колхозниксене аванс шучĕпе утăпа улăм памалла мар;

б) колхозниксене выльăхсене çӳретме кĕтӳ вырăнĕсем уйăрса памалла, хатĕрленĕ выльăх апатне турттарма колхозниксене транспорт парса пулăшмалла.

Вырăнти советпа ялхуçалăх органĕсен колхозниксене, государство фончĕ шутланакан сĕрĕн, вăрман сĕрĕн участокĕсенчи, çулсемпе каналсем хĕррипчи вырăнсенчи курăка çулса утă хатĕрлеме май памалла.

## VIII.

## Совхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарасси çинчен

1. СССР Совхозсен министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, облаçсенчи, крайсенчи тата республикăсенчи совет органĕсене çапла тума хушас:

а) 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшнĕ тĕлне совхозсенче продуктивлă выльăх-чĕрлĕх тата чăх-чĕп шутне çакăнтан кая мар хисепе ситермелле:

(пиншер пуç)

| | СССР Совхозсен министерстви, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви | СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви |
|---|---|---|
| Енесем | 1180 | 92 |
| Мăйракаллă шултра выльăх | 3490 | 265 |
| Сурăхсемпе качакасем | 11900 | 110 |
| Сыснасем | 3200 | 285 |
| Чăх-чĕп (ситĕнни) | 5890 | 650 |

б) 1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕччен кашни ĕнерен СССР Совхозсен министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче 2730 килограмран кая мар, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче—3150 килограмран кая мар сĕт суса илме задани çирĕплетес;

в) СССР Совхозсен министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче 1954 çулта 550 пин пуç мăйракаллă шултра выльăх тата 400 пин сысна самăртмалла;

г) СССР Совхозсен министерствине тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче 1954 çулта утă 12180 пин тонна таран, сĕтеклĕ апатсем 11600 пин тонна таран, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче—утă 1600 пин тонна таран, сĕтеклĕ апатсем 1160 пин тонна таран хатĕрлемелле тăвас.

2. 1955 çул вĕçленнĕ тĕле совхозсенче выльăхсене ситермелли тымарçимĕçсем, силос культурисемпе выльăхсене ситермелли бахча культурисем акас, рет хушшисене кăпкалатса çемçетес ĕçе 80—95 процент таран механизацилемелле, силос валли кукуруза тата хĕвелçаврăнăш тăваткал тĕмĕн акас тата ретсем хушшине кăпкалатса çемçетес ĕçе Украина ССР-ĕнче, Çурçĕр Кавказра тата центрти хура тăпраллă облаçсенче 80—95 процент таран механизацилемелле, ытти районсенче 70—80 процент таран механизацилемелле; утă çулас, пухас тата капана хывас ĕçе 85—100 процент таран, силос хывас ĕçе 85—100 процент таран, комбайнпа тырă пухса кĕртнĕ хыççăн улăма пухса капана хывас ĕçе 90 процент таран механизацилемелле.

3. 1954—1955 çулсенче совхозсенчи выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилемелли плана çакăн пек çирĕплетес:

(пиншер пуç)

| | СССР Совхозсен министерстви, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви 1954 ç. | 1955 ç. | СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви 1954 ç. | 1955 ç. |
|---|---|---|---|---|
| Енесене автопоилкăсемпе шăварасси | 120 | 140 | 20 | 30 |
| Енесене механизмсемпе сăвасси | 140 | 150 | 23 | 25 |
| Фермăсенчи транспорт | 150 | 170 | 40 | 60 |
| Мăйракаллă шултра выльăхсене тăрантарма апат хатĕрлекен цехсем тата сыснасене тăрантарма апат хатĕрлекен кухньăсем | 140 | 150 | 25 | 30 |
| Сурăх çămне механизмсемпе касасси | 9000 | 10000 | — | — |

4. СССР Совхозсен министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, облаçсемпе крайсенчи тата республикăсенчи совет органĕсене çапла тума хушас:

а) совхозсенче выльăхсем валли лайăх витесем сителĕклĕ туса хатĕрлемелле тата фермăсене шыв парса тăрассине йĕркелемелле, силос хывмалли сооруженисем, апата механизмсемпе тураса вĕтетсе хатĕрлемелли суртсем лартмалла. Çавна май СССР Совхозсен министерствине тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче 1954 çулта витесем тата ытти суртсенпе сооруженисем мăйракаллă шултра выльăх валли 350 пин пуç вырнаçмалăх, сыснасем валли—300 пин пуç вырнаçмалăх, сурăхсем валли—1800 пин пуç вырнаçмалăх, чăх-чĕп валли—1380 пин пуç вырнаçмалăх, силос хывмалли сооруженисем 480 пин тонна хывмалăх, 300 пĕве тата кӳлĕ, пура ярса тунă сăлсем 3750, пăралласа тунă сăлсем 500, 300 водопровод тумалла; СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине пăхăнса тăракан совхозсенче мăйракаллă шултра выльăхсем валли 30 пин пуç вырнаçмалăх, сыснасем валли 40 пин пуç вырнаçмалăх, сурăхсем валли 10 пин пуç вырнаçмалăх, чăх-чĕпсем валли 100 пин пуç вырнаçмалăх, витесем тумалла, силос хывмалли сооруженисем 30 пин тонна силос хывмалăх, 30 пĕве тата кӳлĕ, пура ярса тунă сăлсем 200, пăралласа тунă сăлсем 70 тата 100 водопровод тумалла;

б) совхозсене вырăнти строительство материалĕсем, пуринчен ытла государствăн тата вырăнти промышленноçпа промысла коопераци предприятийĕсен тунисене, сителĕклĕ памалла. Çав материалсене облисполкомсем, крайисполкомсем тата республикăсенчи Министрсен Совечĕсем çирĕплетнĕ хакпа сутмалла. Ку строительство материалĕсен хакне совхозсенчи строительство ĕçĕсен сметăпа финанс расчечĕсене кĕртмелле.

5. СССР Госпланне вăрмансăр районсенчи совхозсене выльăх витисем тума 1954 çулхи планта 0,5 миллион кубометр пĕрене, 0,4 миллион кубометр хăма уйăрса пама палăртма хушас.

6. СССР Культура министерствине 1954 çулта Инçет Хĕвелтухăçĕнчи, Кăнтăр Казахстанри тата Вăтам Азири совхозсене, СССР Совхозсен министерстви пăтартса панă тăрăх, ĕç резервĕсен шкулĕсенчен строительство рабочийĕсем 3000 çын, вăл шутра: 1200 платник, 500 столяр, 1000 каменщик тата 300 штукатур уйăрса пама хушас.

СССР Госпланĕн асăннă рабочисене совхозсене ярасине 1954 çулхи планта палăртмалла.

7. СССР Совхозсен министерствине пăхăнса тăракан чылай совхозсенче пур ĕнесене те суманнине, пăрусене ĕмĕртсе тăрантарса усракан системăна, кая юлнă йĕлана тĕрĕс мар тесе шутлас.

СССР Совхозсен министерствине аш-какай валли выльăх ĕрчетекен совхозсене аш-какайпа сĕт-çу валли выльăх ĕрчетекен е сурăх ĕрчетекен совхозсем тăвас тĕлĕшпе СССР Министрĕсен Совечне пĕр уйăх хушшинче сĕнӳсем пама хушас.

8. Пысăк хуласемпе промышленность центрĕсем çывăхĕнче вырнаçнă совхозсене аш-какай памалли плана тултарас шутпа висĕ ернерен пуçласа икĕ уйăха ситнĕ вăкăрсене государство организацийĕсене пама ирĕк парас.

9. Совхозсенче, лаша завочĕсенче выльăх апачĕ валли акнă тĕштырăсене тата кукурузăна, вăрлăх фондне хывса ситернĕ хыççăн, пĕтĕмпех выльăхсене ситерепле çирĕплетнĕ нормăсем тăрăх ситермелле тăвас.

Уйрăм совхозсенче выльăхсене ситермелли тырă ытлашши юлсан ăна Заготзерно пункчĕсене, темиçе облаçра е облаçра улăштармалли фонда хывассĕ. Çав фондри тырра СССР Совхозсен министерстви, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви совхозсене нарядсем тăрăх валеçсе парассĕ.

Совхозсемпе лаша завочĕсене улăштарма хывнă апат-çимĕç культурисем, пăрçа йышши, кĕрпе тумалли культурăсем вырăнне выльăха ситермелли тĕш-тырă культурисем памалла.

10. Централизованнăй план тăрăх государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тăратмалла мар совхозсемпе хушма хуçалăхсене вĕсем государствăна паракан выльăх-чĕрлĕх продукцийĕшĕн çак Постановленире государство валли сутăн илмелли çирĕплетнĕ хаксем тăрăх тӳлемелле.

11. Выльăх-чĕрлĕх ытларах ĕрчетессишĕн, тухăçлăхне ӳстерессишĕн, выльăхсен йышне упрассишĕн тата государствăна выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ памалли плана тултарассишĕн совхозсенчи рабочисене пурлăх енчен хавхалантарас тесе, 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа совхозсенчи рабочисене выльăх-чĕрлĕх хисепне планран ирттерсе ӳстернĕшĕн тата выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ планран ирттерсе илнĕшĕн хушса тӳлемелле тăвас.

12. СССР Совхозсен министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа совхозсенчи выльăх-чĕрлĕх пăхакан рабочисене ĕçре тăхăнма кирлĕ тумтир укçасăр пама ирĕк парас.

13. СССР Совхозсен министерствине 1954—1956 çулсенче çак ĕçсене пурнăçлама хушас:

а) совхозсенче кадрсене çирĕплетсе хăварас тĕлĕшпе вĕсен пурăнмалли тата культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатас тесе, совхозсенче пурăнмалли суртсем, шкулсем, больницăсем, ача яслисем тата ытти культурăпа йăла çурчĕсем лартмалла;

б) типовăй ремонт мастерскойĕсем, гаражсем, тракторсемпе ялхуçалăх машинисене усрама сарайсем, аслăксем, бетонланă усă площадкăсем, нефтехранилищĕсем, запаслă пайсем валли складсем кирлĕ чухлĕ тумалла, çавăн пекех совхозсен мастерскойĕсемпе ремонт предприятийĕсене токарь, фрезер, шăтармалли станоксемпе тата оборудованипе пуянлатмалла.

СССР Госпланĕн çулталăкри плансенче СССР Совхозсен министерствине кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ, тракторсем, ялхуçалăх машинисем, автомашинăсем, материалсем, йывăç, оборудовани, çавăн пекех удобренисем уйăрса пама палăртмалла.

* * *

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çапла шутлассĕ: парти обкомĕсен, крайкомĕсен, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен, парти райкомĕсемпе ялти пуçламăш парторганизацисен пысăк задачи вăл çак Постановленире кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласси, совет тата ялхуçалăх органĕсем, колхозсем, МТС-семпе совхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас. выльăх-чĕрлĕх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас, выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕр туса лартас тĕлĕшпе ирттерекен ĕçсенче парти организацийĕсен организаторла ĕçне вăйлатасси пулать. Парти органĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен кадрсене суйласа илес, хатĕрлес тата вырнаçтарса тухас ĕçе татăклăн лайăхлатмалла, фермăсенчи тата выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен бригадăсенчи работниксен составне коммунистсемпе тата комсомолецсемпе çирĕплетмелле, колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникĕсене çак Постановлени çинчен анлăн ăнлантарса памалла, вĕсем хушшинче выльăх-чĕрлĕх хисепне ӳстермелли тата унăн тухăçлăхне хăпартмалли плана ăнăçлăн тултарассишĕн, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пĕтĕм тата таварлă продукцие пур майсемпе те ытларах туса илессишĕн социализмла ăмăрту организацилемелле.

# Коммунистсен партийĕн историйĕ — ĕçри марксизм-ленинизм

## I.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ вăл—революцилле марксистла парти, социальнăй революцие пролетариат диктатурин партийĕ. Аллă çул ĕлĕкрех марксизмăн гранит пек çирĕп теорилле никĕсĕ çинче пуçланса кайса, пирĕн парти революцилле теорипе практикăн çирĕп пĕрлĕхне туса хучĕ. Коммунистсен партийĕн çур ĕмĕрхи паттăр историйĕ марксизм-ленинизм идейисен пурне те çĕнтерекен вăйне, çав идейăсен организацилекен, мобилизацилекен, пурнăçа урăхлатса çĕнетекен рольне кăтартса парать.

Наукăлла коммунизм никĕсне хывакансем Маркспа Энгельс революцилле теорие рабочи класс кĕрешĕвĕпе тӳрех сыхăнтаракан малтанхи мыслительсем пулнă. Маркспа Энгельс диалектикăлла тата историлле материализма туса хатĕрленĕ, çакăнпа пĕрлех вĕсем рабочи класăн кĕрешне пултаракан политикăлла организаци формисене палăртнă, унăн революцилле стратегипе тактикине туса панă. Вĕсем çакна кăтартса панă: пролетариат кăна, обществăн малта пыракан чи революцилле класĕ пулса, капитализмпа килĕшмен вăйсене хăй тавра пухма, вĕсене капитализма штурмлама тата социализм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме илсе кайма пултарать. Анчах хăйĕн историлле ĕçне тума рабочи класăн хăйĕн политикăлла партийĕ пулмалла.

Маркспа Энгельс вĕрентĕвне тĕрĕс тытса пыраканĕ, революци генийĕ Ленин, революцилле теорие историри çĕнĕ условисене кура малалла аталантарса тата наукăлла коммунизмăн аслă идейисене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешсе, марксистла парти никĕсне хывнă. Ку вăл çĕнĕ сăнарлă парти. II-мĕш Интернационалăн социал-демократилле, оппортунистла партийĕсенчен пачах урăхла парти пулнă.

Вунпиллĕк çул каярах пичетленсе тухнă «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕнче» çапла кăтартса панă: Коммунистсен партийĕ революцичченхи Российăри рабочисен юхăмĕн никĕсĕ çинче марксистла кружоксемпе ушкăнсенчен ӳссе ситĕннĕ, çав кружоксемпе ушкăнсем рабочисен юхăмĕпе çыхăнса, çав юхăма социализмла ăс-тăн кĕртнĕ. Пирĕн парти Ленин туса хатĕрленĕ идеологилле, организацилле, тактикăлла тата теорилле принципсем çинче ӳссе çирĕпленнĕ. Коммунистсен партийĕ революцилле марксизмăн мĕнпур тăшманĕсемпе, Российăри тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕнчи оппортунизмпа, бернштейнианецсемпе, «экономистсемпе», меньшевиксемпе, эсерсемпе, çавнашкалах хăй ретĕнчи оппортунистла, капитулянтла ушкăнсемпе—троцкистсемпе, бухаринецсемпе, национал-уклонистсемпе ним килĕшмесĕр кĕрешсе тĕрекленнĕ.

Пирĕн парти историйĕ вăл—вырăссен висĕ революцийĕн историйĕ, патшапа помещиксен тата буржуазин власне сирпĕтсе антарнин историйĕ, Совет государстви туса хунин тата тĕнчере малтанхи хут социализмла общество туса ситернин историйĕ, совет халăхĕ Отечественнăй вăрçăра аслă çĕнтерӳ тунин тата ССР Союзĕнче ăнăçлăн коммунизм туса пынин историйĕ.

Çав вăхăтрах Коммунистсен партийĕн историйĕ марксизм идейисене творчествăлла аталантарнин историйĕ пулса тăрать. Ленинизм вăл—пролетариатăн класс кĕрешĕвĕн çĕнĕ условийĕсенчи марксизм, империализмпа пролетарилле революцисен саманинчи марксизм.

Коммунистсен партийĕ çур ĕмĕрхи кĕрешӳпе çĕнтерӳсен мухтавлă çулне утса тухрĕ, генилле Ленин, унăн ĕçне малалла туса пыраканĕ аслă Сталин тата вĕсен соратникĕсем ертсе пынипе çапăçусенче тĕрекленчĕ, халĕ Коммунистсен партийĕ коммунизм тăвакан совет обществине ертсе пыракан, çул кăтартса малалла илсе каякан вăй пулса тăрать.

Коммунистсен партийĕн историне вĕренни марксизм-ленинизма алла илме пулăшать, политикăлла сыхăлăха ӳстерет, общество аталанăвĕпе политикăлла кĕрешӳ законĕсене вĕрентет, коммунизм татăклăнах çĕнтересси çирĕп шанса тăма май парать.

## II.

Коммунистсен партийĕн вăйĕпе никам çĕнтерейми хăвачĕ вăл—рабочи класăн чăн-чăн революцилле партийĕ, творчествăлла марксизм партийĕ пулнинче. Пирĕн парти революцилле теорие догматсен пуххи вырăнне хумасть, ăна ĕçри руководство тесе шутлать: парти теорие революцилле юхăмăн çĕнĕ опычĕпе, историри çĕнĕ лару-тăрăва тивĕçлĕ çĕнĕ выводсемпе тата положенисемпе пуянлатать.

II-мĕш Интернационал партийĕсен тĕп йăнăшĕсенчен пĕри вăл—вĕсем марксистла теори çине сиелтен, начетникла пăхни, унăн уйрăм вывоçĕсемпе положенийĕсене ярса тытса, вĕсене догматикла ăнлантарса пани пулать.

Пирĕн парти малтанхи кунсенчех начетничествăпа догматизма хирĕç ним шеллемесĕр кĕрешнĕ, творчествăлла марксизм ялавне çӳле çĕкленĕ. В. И. Ленин 1899 çултах çапла çырнă: «Эпир Маркс теорине пĕтĕмпех пулса ситнĕ, урăх тĕкĕнмелле мар теори тесе пăхмастпăр; пачах урăхла. Эпир çав теори наукăн тĕп никĕсне кăна хывнă тесе хыттă ĕненсе тăратпăр, социалистсем, вĕсем пурнăçран кая тăрса юлас мар тесĕ пулсан, çав наукăна пур енĕпе те малалла аталантарма тивĕçлĕ. Эпир çапла шутлатпăр: вырăс социалисчĕсене Маркс теорине хăйсем тĕллĕн тĕпчесе хатĕрлени уйрăмах кирлĕ, мĕншĕн тесен вăл теори ертсе пымалли тĕп положенисем кăна парать, вĕсемпе, сăмахран, Англире Францирипчен урăхла, Францире Германирипчен урăхла, Германире Российăринчен урăхла усă курмалла» (Соч., 4 т., 191—192 стр.).

Большевиксен партийĕ историри уйрăм условисенче пуçланса аталаса пынă. XIX-мĕш ĕмĕр вĕçĕнчен пуçласа, капитализм хăйĕн юлашки, империализмла сыпăкне ситет. Капитализмла система хирĕçĕвĕсем çав тери сивĕчленсе каяççĕ, тĕнчери вăрçăсемпе пролетарилле революцисен самани пуçланать. Россия империализмăн мĕнпур хирĕçĕвĕсем пĕрлешсе тăракан пункт пулнă, кунта буржуалла-демократилле революци сыххарса килнĕ; Российăра вăл революци Хĕвеланăçĕнчи буржуалла-демократилле революцисем пулса иртнĕ тапхăрти пек мар, пролетариатăн класс кĕрешĕвĕ тапланнă чухне, вăйлă аталаннă условисенче пулса иртмелле пулнă.

Историри çĕнĕ самана уйрăмлăхĕсене шута илсе, Ленин парти çинчен, парти рабочи класс аллинчи тĕп хĕçпăшал пулса тăни çинчен вĕрентӳ туса хатĕрленĕ, çав партисĕр пролетариат диктатуришĕн пыракан кĕрешӳре çĕнтерме май пулман.

Малалла, марксистла теорин тĕп положенийĕсем çине таянса, Ленин халăх революцийĕсенче пуринче те, буржуалла-демократилле революцире те, социализмла революцире те, пролетариат гегемон пуласси, ертсе пырасси çинчен калакан идейăна никĕслесе панă, хресченсем рабочи класс союзникĕ пулмаллине кăтартса панă.

Ку вăл буржуалла революципе социализмла революци хушшинчи сыхăну пирки панă çĕнĕ кăтарту, буржуалла-демократилле революци социализмла революцие куçасси çинчен калакан çĕнĕ теори пулнă.

Пирĕн Тăван çĕршывăн историри кунсуленче, пĕтĕм тĕнчери пролетариатăн ирĕке тухассишĕн пыракан юхăмĕнче социализм малтан уйрăм илнĕ пĕр çĕршывра çĕнтерме пултарасси çинчен Ленин туса хатĕрленĕ вĕрентӳ калама çук пысăк вырăнта тăрать. Тĕнчери пĕррремĕш вăрçă вăхăтĕнче II-мĕш Интернационал партийĕсем империализмла буржуази енне куçнă, çапла вара пролетариатăн революцилле кĕрешӳ условийĕсене нумай начарлатнă вăхăтра, большевиксем кăна пролетарилле интернационализм ĕçне, социализмшăн кĕрешес ĕçе шанчăклă туса пынă. Вĕсем вăрçă, мир тата революци ыйтăвĕсем тăрăх ленинла теорипе, ленинла тактикăпа хĕçпăшалланнă, империализмла вăрçăран революцилле майпа тухассишĕн, империализмла вăрçăран помещиксемпе буржуазие хирĕç пыракан граждан вăрçи туса хурассишĕн рабочи класпа хресченсене хăюллăн кĕрешĕве илсе кайнă.

Ленин империализма, унăн тĕп хирĕçĕвĕсене тарăн тишкерсе тухнă, капитализм экономикăпа политика тĕлĕшĕнчен пĕр пек аталанманнин законне тĕпчесе пĕлнĕ, тĕнчери империализм фрончĕн сапчăрне вăйсăртарах сыпăкра татма май килни, капитализмла çĕршывсенче социализм малтан уйрăм илнĕ пĕр çĕршывра çĕнтерме пултарни çинчен вывод тунă.

Ленин çакна тĕпчесе пĕлнĕ: капитализмла çĕршывсенче пуринче те е нумай çĕршывсенче, революци вăл çĕршывсенче пĕр пек ситĕнсе пыман пирки, социализм пĕр вăхăтрах çĕнтерме пултараймасть, ку ыйту тăрăх Маркспа Энгельс кăтартса панă кивĕ формула ĕнтĕ историри çĕнĕ условисемпе килĕшсе тăмасть.

Ку ĕнтĕ наукăри аслă открыти пулнă, вăл марксизма пуянлатса, ăна малалла аталантарнă. Çак открыти уйрăм çĕршывсенчи пролетарисене революцилле малашлăха кăтартса панă, вĕсене хăйсен нацилле буржуазине хирĕç кĕрешме çĕкленĕ.

Социализмла революцин ленинла теорийĕ тăрăх ĕçлесе, большевиксен партийĕ рабочи класпа хресченсен кĕрешӳ союзне организацилерĕ те вĕсене патша йĕркине хирĕç, помещиксемпе буржуазие хирĕç кĕрешĕве илсе вайрĕ.

Пирĕн çĕршывра социализмла революци çĕнтерес тĕлĕшре Ленин пролетариат диктатурин чи лайăх политикăлла форми Советсем пулнине кăтартса пани те çав тери пысăк вырăнта тăнă. Вырăссен иккĕмĕш революцийĕ пуличчен (1917 çулхи февраль) пур çĕршывсенче те марксистсем çапла шутланă: капитализмран социализма куçнă тапхăрта обществăн политикăлла организацийĕн чи юрăхлă форми парламентлă демократилле республика пулать, тенĕ. Анчах Ленин, Российăри икĕ революци опытне тĕпчесе вĕренсе, пролетариат диктатурин чи лайăх форми парламентлă демократилле республика мар, Советсен республики пулни çинчен вывод тунă. Ленин тунă вывод марксизм теорийĕнчи, унăн революцилле арсеналĕнчи çĕнĕ ситĕнӳ пулнă. Пирĕн çĕршывра Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтернине пула Совет власĕ çирĕпленнĕ, Ленин Советсем çинчен вĕрентни пурнăçа кĕнĕ.

## III.

Октябрьти революци çĕнтернĕ хыççăн Коммунистсен партийĕ власра тăракан парти пулса тăчĕ. Унăн калама çук пысăк çĕршыва, ситменни техникăпа экономика тĕлĕшĕнчен кая юлнă çĕршыва, çĕнĕ, социализмла çулпа аталантармалла, ĕççыннисен нумай миллионлă массисене социализмла общество тума организацилемелле тата пĕрлештермелле пулчĕ. Çак задачăна татса пама çав тери йывăр пулнă: тĕнчери буржуази Российăра сирпĕтсе антарнă помещиксемпе тата капиталистсемпе пĕрле Советсен республики çине урнă пек килсе тапăннă, Советсен республикине пĕтерсе хурса, тепĕр хут капитализмлă строй тума хăтланнă. Пирĕн çĕршывăн интервентсемпе шалти контрреволюцие хирĕç висĕ çул хушши вăрçмалла пулнă, хуçалăхри пысăк йывăрлăхсене тӳссе ирттермелле пулнă.

Пирĕн парти палăртнă тĕллев патне шанчăклăн пынă. Вăл кая юлнă Российăна малта пыракан, индустриллĕ хăватлă держава туса хумалли Ленин кăтартса панă ăслă программа тăрăх ĕçленĕ. Çак программăра çĕршыва социализмла индустриализацилеме, йывăр промышленноçа пур майсемпе те аталантарма, пĕтĕм халăх хуçалăхне электрификацилеме, çĕршывăн ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетмелли кооперации планне пурнăçа кĕртме, культурăллă революци туса ирттерме палăртнă.

Ленинизм тăшманĕсем — троцкистсем, бухаринецсем, буржуалла националистсем çак программăна пурнăçа кĕртме парас мар тесе пĕтĕм вăйне хунă. Парти капитулянтсемпе сутăнчăксене çĕмĕрсе тăкрĕ. Хăйĕн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе, И. В. Сталин ертсе пынипе парти ССР Союзĕнче социализм тăвас çул çине татăклăнах тăчĕ.

Партин хăюллă революцилле политикине калама çук пысăк программăна пурнăçа кĕртме — çĕршыва индустриализацилеме, ялхуçалăхне коллективизацилеме, эксплуататорла классене пĕтерме тата социализмла общество тума май пачĕ. ССР Союзĕнче социализм тунни марксизм-ленинизм идейисен çĕнĕ çĕнтерĕвĕ пулчĕ.

Совет халăхĕ çĕнĕ, социализмла строй туса çирĕплетес ĕçре тунă историлле пысăк ситĕнӳсем мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисене савăнтарнă, вĕсене лайăх пурнăçшăн кĕрешме хавхалантарнă. Çав вăхăтрах пирĕн ситĕнӳсем империалистсене çав тери хăратнă, вĕсем çав ситĕнӳсене курайман. 1941 çулта тĕнчери империализмла реакци хăйĕн тĕп вăйĕпе — фашистла Германипе — социализм çĕршывне вилмеллех çапса аркатма, совет обществипе государство стройне пĕтерсе хума, пĕтĕм тĕнчери демократилле тата социализмла юхăма çĕмĕрсе тăкма тытăнса пăхрĕ. Анчах Совет государствин никам çĕнтерейми вăй-хăватне пула тĕнчери реакцин усал планĕсем пĕтсе ларчĕç.

Совет стройĕ туса хунăранпа Коммунистсен партийĕ Совет государствине пур майсемпе те яланах çирĕплетсе пычĕ, мĕншĕн тесен Совет государстви социализмшăн кĕрешме тата çĕршыва вăрçăпа килсе тапăнасран сыхлама рабочи класпа хресченсен аллинчи тĕп хĕçпăшал пулса тăрать. Парти пĕртен-пĕр тĕрĕс положение шута илнĕ: пĕр çĕршывра социализмла революци çĕнтернĕ, анчах нумай çĕршывсенче капитализм пуç пулса тăнă условисенче революци çĕнтернĕ çĕршывăн хăйĕн государствине вăйсăрлатмалла мар, пур майсемпе те вăйлатса пымалла.

Коммунистсен партийĕн инсетрине витĕр куракан аслă политики пирĕн çĕршыва хăватлă индустриллĕ-колхозлă держава туса хума май пачĕ, Совет обществин моралле-политикăлла пĕрлĕхĕ, ССР Союзĕнчи халăхсен тăванла туслăхĕ, вĕсен хĕрӳллĕ патриотизмĕ Совет Союзне никам çĕнтерейми вăй пачĕç.

Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Коммунистсен партийĕ пĕтĕм халăх вăрçшĕвне хавхалантарса тата организацилесе пыраканни пулса тухса тăчĕ. Вăл пирĕн çĕршывăн фрончĕпе тылне пĕр çĕре пĕрлештерчĕ. Ленинизм тăшманĕсене хирĕç нумай вăхăт кĕрешсе хурçă пек çирĕпленнĕ парти речĕсен пĕрлĕхĕ, парти кирек мĕнле лару-тăрура та миллионшар массăсене организацилесе ертсе пыма пĕлни фашистла агрессорсене хирĕç пынă вăрçăра совет халăхне çĕнтерӳ тума май пачĕ.

Совет Союзĕ вăрçăран татах та çирĕпрех пулса тухрĕ, унăн тĕнчери авторитечĕ нумай ӳсрĕ. Кунсăр пуçне, Вăтаçĕр тата Кăнтăр-Хĕвелтухăç Европăра капитализм системинчен çĕнĕ çĕршывсем тухса ӳкрĕç, вăл çĕршывсенче халăх демократи стройĕ çирĕпленчĕ. Капитализмран социализма куçнă чухне обществăн политикăлла организацийĕ пулса тăракан пролетариат диктатурин формисем тĕрлĕ пулма пултарнине Ленин малтанах генилле курса тăнă, халăх демократи çĕршывĕсен историлле опычĕ çакна çирĕплетсе пачĕ. Китайра халăх революцийĕ аслă çĕнтерӳ туни тĕнчери империализмăн пĕтĕм системине хытă пырса çапрĕ. Çапла ĕнтĕ, этемлĕхĕн виççĕ пайĕнчен пĕр пайĕ империализм пусмăрĕнчен ирĕке тухса, демократипе социализм ялавĕ айне тăчĕ. Çакăнтан ĕнтĕ марксизм-ленинизм идейисен аслă çĕнтерĕвĕ уççăн курăнса тăрать.

## IV.

Хăйĕн Тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварса, совет халăхĕ мирлĕ ĕçлеме, майĕпен коммунизмăн çулти сыпăкне куçма условисем турĕ.

Совет Союзĕ Аслă Отечественнăй вăрçă умĕнех аталанăвăн историлле çĕнĕ тапхăрне — социализмла общество туса ситересĕ, социализмран майĕпен коммунизма куçас тапхăра кĕчĕ. Коммунизмлă общество тăвас ыйтăва тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе И. В. Сталин çав тери пысăк ĕç тунă. ССР Союзĕнчи социализм строительствин çав тери пысăк опытне, çавнашкалах пĕтĕм тĕнчери пролетариатăн кучуххиси ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмĕн опытне пĕтĕçтерсе, И. В. Сталин марксизм-ленинизма çĕнĕ условисенче творчествăлла малалла аталантарнă, чылай ыйтусем тăрăх революцилле теорие çĕнĕ положенисемпе пуянлатнă. И. В. Сталин капитализмла йĕркесенрен сыхланса юлсан та пирĕн çĕршывра тулли коммунизм тума май пур тесе вывод тунă,—çакă ĕнтĕ çĕнĕ положенисенчен пĕри пулса тăрать.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

# Коммунистсен партийӗн историйӗ — ӗҫри марксизм-ленинизм

(Юлашки. Пуҫламӑшӗ 3-мӗш страницӑра).

Пирӗн парти ӗҫсыннисене коммунизмла общество тума организацилет, ҫак ӗҫе вӑл социализмӑн экономикӑлла законӗсене, марксизм-ленинизм теорине пӗлнӗ ниҫӗс ҫинче туса пырать.

Вӑрҫӑ хыҫӑнхи тапхӑрта парти совет ҫыннисене халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантарас ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума, социализмла экономикӑпа культурӑна ҫӗнӗрен хӑватлӑн ҫӗклесе хавхалантарса тата организацилесе пычӗ. Совет халӑхӗ вӑрҫӑ кӳнӗ сиене нихҫан курман хӑвӑрт срокра пӗтерчӗ, ниҫлӗ ӗҫре малалла ҫук ҫынӑк ҫитӗнӳсем турӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ совет халӑхӗн кӗрешӗвӗне ҫӗнтерӗвӗсен итогне турӗ, совет халӑхне малалла хайна калама ҫук аслӑ програма палӑртса пачӗ. Съезд кучухнехи тапхӑрта парти умӗнче тӑракан тӗп задачӑсене кӑтартса пачӗ, вӑл задачӑсем ҫаксем пулаҫҫӗ: социализмран майӗпен коммунизма куҫса пырса, коммунизмла общество тумалла, обществӑн пурлӑхпа культура шайне пӗрмаях хӑпартса пымалла, общество членӗсене интернационализм шухӑшӗ ҫайлӑ тата мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫсыннисемпе тӑванла ҫыхӑнусем тытса пурӑнас шухӑш майлӑ вӗрентсе воспитани памалла, тӑшмансен агрессилле ӗҫӗсенчен сыхланма Советлӑ Тӑван ҫӗршывӑн активлӑ оборонине пур майсемпе те тӗреклетсе пымалла.

Совет обществи социализмран майӗпен коммунизма куҫас ҫул ҫинче СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план ҫӗнӗ те пысӑк утӑм пулса тӑрать. Парти социализмла обществӑн производительнӑй вӑйӗсене ҫав тери хӑватлӑн аталантарас, ӗҫсыннисен материальнӑй пурнӑҫӗпе культура шайне вӗҫӗмсӗр ӳстерес задача лартать. Парти ӗҫсыннисен пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене пур майсемпе те тивӗҫтерме тӑрӑшни социализмла строй пурнӑҫӗнчен, социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗнчен тухса тӑрать.

Пирӗн коммунизмла общество тума мӗн кирли пурте пур. Пирӗн ҫӗршывӑн ҫутҫанталӑк пуянлӑхӗсем иксӗлми нумай. Пирӗн хӑватлӑ социализмла индустри, пур енӗпе те аталаннӑ йывӑр промышленность пур. Хӑвӑрт аталанса пыракан ҫӑмӑл промышленность хуларине яли ӗҫсыннисен ӳссе пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме пултарать. Пирӗн ялхуҫалӑхӗн кучухнехи малта пыракан техника ҫителӗклӗ, вӑл мӗнпур ялхуҫалӑх культурисене хӑвӑрт ӳстерсе пыма, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхрен продуктсем нумай илме пултарать.

Ҫаксене шута илсе, хамӑрӑн резервсемпе тата майсемпе пӗтӗмӗшпех усӑ курас, промышленноҫӑн хӑшпӗр отраслӗсем юлса пынине пӗтерес, хӑшпӗр колхозсем тата ялхуҫалӑх районӗсем юхӑнса кайнине пӗтерес, ҫӗршыври пур колхозӗсене те вӑйлатса ҫирӗплетес тесе, парти хальхи вӑхӑтра пысӑк ӗҫсем чылай туса ирттерет.

Парти халӑх хуҫалӑхӗ умне пысӑк задача — халӑха кирлӗ япаласем туса кӑларассине ҫывӑх вӑхӑтрах нумай ӳстерес задача лартрӗ. Ҫак шутпа партипе правительство ҫӑмӑл промышленноҫпа апат-ҫимӗҫ промышленноҫне хӑвӑрт малалла аталантарма, ялхуҫалӑхне хӑватлӑн ҫӗклеме кирлӗ пысӑк ӗҫсем туса ирттереҫҫӗ. Колхоз хресченӗсене ялхуҫалӑх производствин пур отраслӗсене те аталантарма, ҫӗршывра апат-ҫимӗҫ нумайран та нумай туса тӑма пурлӑх тӗлӗшпе ытларах интереслентерме кирлӗ пысӑк мерӑсем йышӑнаҫҫӗ. Ялхуҫалӑхне хӑватлӑн аталантарас ӗҫре КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ «СССР ялхуҫалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен» йышӑннӑ постановлени партипе пӗтӗм совет халӑхӗн кӗрешӳ программи пулса тӑрать.

Шалти политика тӗлӗшпе совет халӑхӗн ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтерес ӗҫе парти хӑйӗн чи пысӑк задачи тесе шутлать. Тулашри политика тӗлӗшпе парти миршӗн тата социализмла Тӑван ҫӗршыв хӑрушсӑрлӑхӗшӗн кӗрешес ӗҫе чи пысӑк вырӑна хурать. Пирӗн парти мир, демократи тата социализм лагерьне малалла ҫирӗплетес тесе ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешет.

Социализмран майӗпен коммунизма куҫнӑ условисенче партин идеологилле ӗҫӗ, ӗҫсыннисене коммунизмла воспитани парас ӗҫ пысӑк вырӑнта тӑрать. Астӑвас пулать, пирӗн обществӑра ҫынсен ӑс-тӑнӗнчи капитализм юлашкисене пӗтерсе ҫитермен-ха. Эпир хамӑр пата тулашран, капитализмла йӗритавралӑхран пирӗншӗн ют идейӑсемпе шухӑшсем килсе кӗмӗҫ теме пултараймастпӑр. Ҫавӑнпа та массӑсем хушшинче политикӑлла воспитани ӗҫне татӑклӑнах лайӑхлатмалла, коммунистсемпе пӗтӗм халӑха коммунизмӑн аслӑ ӗҫне никам та ҫӗнтерме пултарайманнине шанса тӑма воспитани памалла, — ҫавна парти чи паха задача тесе шутлать.

Парти пирӗн кадрсене марксистла-ленинла воспитани парас ӗҫе уйрӑмах пысӑк вырӑна хурать, коммунистсене революцилле теорие алла илме, марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсене, парти съезчӗсен, конференцийӗсен, Центральнӑй Комитет пленумӗсен решенийӗсене творчествӑлла вӗренме хушать.

Пропаганда ӗҫӗнче халӗ марксистла-ленинла теорие начетникла, догматизмла вӗреннине нихҫанхинчен ытла пӗтерсе пымалла. Коммунистсен уйрӑм формулировкӑсемпе цитатӑсене мар, марксистла-ленинла вӗрентӗвӗн тӗп содержанине ӑнланса илмелле, ҫав вӗрентӳпе пурнӑҫри ыйтусене татса панӑ чухне усӑ курма пӗлмелле. Парти членӗсемпе кандидачӗсен идейӑлла пӗлӗвӗсене ӳстерни партии политикине пурнӑҫа кӗртессишӗн кӗрешес ӗҫре вӗсен активлӑхне ӳстерме кирлӗ условисем пулса тӑрать.

Парти ҫавнашкалах пропаганда ӗҫӗнче уйрӑм ҫыннӑн историри рольне тӗрӗс мар ҫутатса панине, уйрӑм ҫынна ытлашши пысӑка хурас идеалистла теорие пропагандӑланине пӗтерсе пырать. Уйрӑм ҫынна ытлашши пысӑка хуни марксизм историре халӑх массисем тӗп вырӑнта тӑни ҫинчен вӗрентнине хирӗҫ пырать, партипе унӑн ертсе пыракан центрӗн рольне пӗчӗклетет, партири массӑсемпе совет халӑхӗн активлӑхне чакарать. Марксистла-ленинла теорин наукӑлла никӗсӗ ҫине, ертсе пыракан кадрсен аслӑ пуҫарӑвӗ ҫине таянса ӗҫлекен Центральнӑй Комитетӑн коллективлӑ опычӗ, коллективлӑ ӑсӗ кӑна ҫӗршыва тӗрӗс ертсе пыма, парти речӗсене пӗрлӗхлӗ те ҫирӗп пулма, ӑнӑҫлӑн коммунизм тума май парать.

Коммунистсен партийӗн пӗтӗм историйӗ марксизм-ленинизмӑн пурне те ҫӗнтерекен аслӑ вӗрентӗвӗ ҫӗнтерсе пынине кӑтартса парать. Марксистла-ленинла вӗрентӗвӗн аслӑ принципӗсене пурнӑҫа кӗртес ӗҫре пирӗн парти пухнӑ историлле пуян опыт мӗнпур ҫӗршывсенчи Коммунистсен партийӗсемпе рабочи партисене кӗрешӳре хавхалантаракан паха тӗслӗх пулса тӑрать.

С. ТИТАРЕНКО.

# Рабочисен хастарлӑхӗ

ҪӖМӖРЛЕ. Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствин йывӑҫ япаласем туса кӑларакан завод коллективӗ ялхуҫалӑхне ҫӗнӗ техникӑпа хӗҫпӑшаллантарас тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем тӑвать. Кунтан Тӑван ҫӗршывӑн пур районӗсене те машина-трактор станцийӗсен юсав мастерскойӗсем валли запаслӑ пайсем тиенӗ эшелонсем тухса-тухса каяҫҫӗ.

Рабочисем юсав мастерскойӗн конструкцине чылай лайӑхлатрӗҫ. Вӗсем сӗннипе халӗ Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствин пур заводӗсем те кузова тимӗрле тыттарса туса кӑларма тытӑнна. Ҫакӑ вӑл мастерскойпа нумайрах вӑхӑт хушши усӑ курма май парать.

Коммунистсен партийӗн сентябрь уйӑхӗнчи Пленумӗ «ССР Союзӗн ялхуҫалӑхне малалла аталантармалли мерӑсем ҫинчен» йышӑннӑ постановление завод коллективӗ пысӑк хаваслӑхпа кӗтсе илчӗ. Цехсемпе рабочисем хушшинче ҫулталӑкри плана срокчен тултарассишӗн социализмла ӑмӑрту анлӑн сарӑлса пырать.

Ахӑ Николай Кутлеев станочникӑн ӗҫ вырӑнӗ. Вӑл ҫак заводра туса хатӗрленӗ станокпа ӗҫлет. Ӑна питӗ кирлӗ деталь — самоходнӑй комбайнӑн улӑм транспортерӗ валли планкӑсем тума хушнӑ. Кутлеев юлташ, ялхуҫалӑхне аталантармалли пысӑк программӑна хавхаланса, сентябрӗн 23-мӗшӗнче 600 деталь вырӑнне 1.225 деталь туса кӑларчӗ.

Вӑл ҫапла калать:

— Партин Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ историлле решенисем пире ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума хавхалантарчӗҫ. Партипе правительство ялхуҫалӑхне аталантарассишӗн тата халӑх пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн куллен тӑрӑшни ҫине ответлесе, эпӗ малашне тата хастарлӑрах ӗҫлеме пулатӑп.

МТС-сенчи трактор бригадисем валли юсав мастерскойӗсем пухакан контажниксем те ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳсем тӑваҫҫӗ. Р. Афонин юлташ ҫулталӑк пуҫланнӑранпа икӗ ҫул нормине ирттерсе тултарнӑ. Августра вӑл 3 уйӑх ҫурӑ нормине тултарнӑ. Историллӗ постановлени ҫине ответлесе, халӗ сменӑра тӑватшар норма тултарса пырать. Стахановец нумай пулмасть ӗҫе ҫӑмӑллатма пулӑшакан сӗнӳ пачӗ.

Мастерской кузовӗсене сӑрланӑ ҫӗрте Мария Лазарева, Вера Давыдова, Рая Федорова юлташсем тухӑҫлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем сменӑра тӑватшар норма тултараҫҫӗ. Василий Новичков, Константин Волков юлташсем те ҫак кунсенче хастарлӑ ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем те сменӑра тӑватшар нормӑран кая мар тултараҫҫӗ.

Партин Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановлени ҫине столяр-коммунист А. Васенин юлташ хастарлӑ ӗҫпе ответлет. Сентябрь уйӑхӗн иккӗмӗш вунӑкунлӑхӗнче вӑл нормӑна 234-шар процент тултарса пычӗ.

Сборщик-станочник Федор Амосов юлташ сменӑри нормӑна 215 процент тултарать. Слесарьсемпе токарьсем те пултаруллӑ ӗҫлеҫҫӗ. Токарь Владимир Серов юлташ нормӑна 223 процент, слесарь Николай Князев юлташ — 220 процент тултараҫҫӗ.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем производство программине пурнӑҫлассишӗн хастарлӑн кӗрешнӗ вӑхӑтрах колхозсене те пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. Вӗсем Аслӑ Октябрь ячӗ тӗлне Сталин ячӗпе тӑракан тата «Ударник» колхозсем валли парник рамисем 200 туса хатӗрлеме пулчӗҫ. Завод коллективӗ ҫав колхозсене пулӑшу парса тӑма йышӑнчӗ.

Ҫӗмӗрлери йывӑҫ япаласем тӑвакан завод коллективӗ партин Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ постановлени чыслӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешет.

А. ПЕТРОВ.

# ООН Генеральнӑй Ассамблейин VIII-мӗш сессийӗ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). ООН Генеральнӑй Ассамблейин сентябрӗн 25-мӗшӗнче пулнӑ ирхи пӗрлехи ларӑвӗ Сири делегаци пуҫлӑхӗн заместителӗ Зейн эд-Дин сӑмах каланине усӑлнӗ. Вӑл хӑйӗн сӑмахӗнче колонилле йӗркене критикленӗ.

Пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенче пӗр миллиард ытла ҫын пурӑнать. Пӑхӑнса тӑракан ҫӗршывсенчи халӑхсем выҫӑ, чухӑн пурӑнаҫҫӗ, вӗсен нимӗнле прави та ҫук, вӗсене ҫын вырӑнне хумаҫҫӗ, тенӗ Сири представителӗ. Колонисенчи тата вӑйсӑр аталаннӑ ҫӗршывсенчи халӑхсен тӗрӗслӗхлӗ ыйтӑвӗсене тивӗҫтермесӗр мире тата халӑхсем хушшинче хӑрушсӑрлӑх тума май ҫуккине ҫинчен каласа, Сири делегачӗ Ассамблея пӗчӗк ҫӗршывсемпе колонисенчи халӑхсен интересӗсене шута хуманни ҫинчен асӑрхаттарнӑ.

Доктор Зейн эд-Дин ҫакна палӑртнӑ: «Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗ ячӗпе» Корейӑра вӑрҫӑ вӑрҫнӑ государствӑсен ушкӑнӗ халӗ Корея ыйтӑвне татса панӑ чухне нейтральнӑй государствӑсене Корея ыйтӑвне йӗркелес ӗҫе хутшӑнма чарма тӑрӑшать.

ООН-ра, тенӗ малалла Сири представителӗ, колонисенчи халӑхсем никама пӑхӑнманлӑх туса хума тӑрӑшнине хисепе илмен туртӑм пур.

Доктор Зейн эд-Дин хӑйӗн ҫӗршывӗ, ытти араб государствисем пекех, Генеральнӑй Ассамблейӑн хальхи сессийӗнче Марокко, Тунис ыйтӑвӗсене тата ҫавӑн пек ыйтусене сӳтсе явнӑ чухне колонисенчи халӑхсен интересӗсене хӳтӗлесси ҫинчен каланӑ.

Франци ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗн заместителӗ Шуман хӑйӗн сӑмахне «тӗнчери лару-тӑру ҫӑмӑлланнине кӑтартакан нумай сӑлтавсем» ҫинчен каласа, делегатсене ӑна малалла ҫӑмӑллатас тӗлӗшпе тӑрӑшма чӗннӗ.

Хӗҫпӑшалсене чакарас ыйту пирки чарӑнса тӑрса, Шуман ҫапла каланӑ: хӗҫпӑшалсене чакарма «генеральнӑй план» палӑртса хуни кирлӗ пулсан та, «пӗчӗккӗн килӗшмелли меслет вырӑнлӑрах пулнӑ пулӗччӗ», тенӗ. Анчах Шуман «ҫак пӗчӗкрех килӗшӳсем» мӗне пӗлтерни ҫинчен тата вӗсем мӗнле хӗҫпӑшалсем пирки пулмалли ҫинчен тӗплӗнрех ӑнлантарса паман.

Шуман Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх пухӑнакан политикӑлла конференци йышӗ ҫинчен тӑракан ыйтӑва Ассамблейӑра тепӗр хут сӳтсе явассине хирӗҫ пулнӑ. Анчах та вӑл Корея ыйтӑвне сӳтсе явас тата Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнче мир туса хурассипе ҫыхӑнса тӑракан ытти ыйтусене сӳтсе явас тӗлӗшпе конференцие Ази ҫӗршывӗсене хутшӑнтарма Франци правительстви пулӑшса пырасси ҫинчен каланӑ.

Шуман ҫапла каланӑ: Индо-Китайри вӑрҫа чарса лартасси ҫинчен тӑракан ыйту «Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх политикӑлла конференци ирттернӗ вӑхӑтра е ун хыҫҫӑн» дипломатилле калаҫусем ирттернипе татса памалли ыйту пулма пултарӗччӗ.

Бельги представителӗ Ван Зееланд хӑйӗн сӑмахӗнче: колониалла державӑсем хӑйсен опекинче тӑракан территорисенче тытса пыракан политика ҫине «общественноҫӑн тӗрлӗ сийӗсем ытларах та ытларах шанмасӑр тата критикӑлла пӑхаҫҫӗ», тенӗ.

«Эпир сивӗ вӑрҫа пӗтерсе лартма пултараймастпӑр пулсан, кисренӳ пулассинчен пурпӗрех хӑтӑлма пултараймастпӑр» тенӗ хыҫҫӑн, Ван Зееланд «идеологилле икӗ хӑватлӑ ушкӑна пӗр-пӗринпе мирлӗ пурӑнма» кирлӗ условисем тумалли ҫинчен каланӑ.

Бельги делегачӗ ҫав вӑхӑтрах агрессиллӗ Ҫурҫӗр Атлантика блокне «мир ӗҫне туса пыракан» союз пек сӑнласа кӑтартма хӑтланнӑ.

Бельги представителӗ тухса каланӑ хыҫҫӑн ирхи пӗрлехи лару хупӑннӑ.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Генеральнӑй Ассамблейӑн ӗнер кӑнтӑрла пулнӑ пӗрлехи ларӑвӗнче чи малтан БССР делегацийӗн пуҫлӑхӗ К. В. Киселев сӑмах тухса каланӑ.

ООН хальхи вӑхӑтра йывӑрлӑхра тӑнине, тӗнчери тӗп ыйтусене ку таранччен кирлӗ пек татса паманнине палӑртса, Белорусси делегацийӗн пуҫлӑхӗ ҫапла каланӑ: 500 миллион ҫынлӑ Китай халӑхӗн представителӗсене, Азири аслӑ держава — Китай Халӑх Республикин представителӗсене тӑватӑ ҫула яхӑн вӑхӑт хушшинче ООН-а кӗртменни йӗркеллӗ мар ӗҫ пулса тӑрать.

Киселев ҫапла каланӑ: ООН-ӑн практикӑлла ӗҫӗсен малтанхи кунӗсенченех Америка представителӗсем Уставӑн пӗтӗм тӗнчери мире хӳтӗлесси тата халӑхсен хӑрушсӑрлӑхне тӗреклетесси ҫинчен калакан статьисене пурнӑҫлама шутламанни палӑрма пуҫларӗ. Ытларахӑш сасӑ пулса тӑнипе усӑ курса, Америка делегацийӗ ООН-ра мире тӗреклетес тӗлӗшпе панӑ чылай паха сӗнӳсене путлантарса лартрӗ, мирлӗ Корея халӑхне хирӗҫ вӑрҫнӑ агрессиллӗ вӑрҫа та ООН ялавӗпе витсе тӑма хӑтланчӗ.

Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх пухӑнмалли политикӑлла конференци ҫинчен каласа, Киселев Китай Халӑх Республикин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Чжоу Энь-лай тата Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗн заместителӗ Ли Дон Ген Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх пухӑнмалли политикӑлла конференци мӗнле пулса иртмелли ҫинчен тата унӑн йышӗ ҫинчен тӑратнӑ сӗнӗве ырланӑ.

Мире тӗреклетесси тата халӑхсен хӑрушсӑрлӑхне туса хурасси Совет Союзӗн тулашри политикин тӗп ҫул-йӗрӗ пулнине палӑртса, Киселев: СССР делегацийӗ «Ҫӗнӗ тӗнче вӑрҫин хӑрушлӑхне сирсе ямалли тата тӗнчери лару-тӑрури йывӑрлӑха чакармалли мерӑсем ҫинчен» тӑратнӑ резолюци проектне Ассамблейӑн йышӑнас пулать, тенӗ.

Киселев юлташ хыҫҫӑн Египет делегацийӗн пуҫлӑхӗ Бадави тухса каланӑ. Египет, тенӗ вӑл, «ҫитес ҫывӑх вӑхӑтра тӗнчере туслӑх, пӗр-пӗрне ӑнлании тата пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлесси ҫинче тытӑнса тӑракан хутшӑнусем пуласса шанса тӑрать». Египет делегачӗ Англин оккупаци ҫарӗсем нимӗн сӑлтавсӑр Суэц каналӗн зонинче тӑнине палӑртнӑ, вӗсене унта «пӗтӗм Египет халӑхӗ хирӗҫ пулнине пӑхмасӑр» тытса тӑраҫҫӗ, тенӗ.

Марокко тата Тунис ыйтӑвӗсем ҫинче тӗплӗн чарӑнса тӑнӑ хыҫҫӑн, Египет представителӗ ҫапла каланӑ: Франци йышӑнакан позици ООН умӗнче тӑракан задачӑсемпе килӗшӳллӗ пулма пултараймасть.

Бразили, Колумби тата Коста-Рика делегачӗсем ООН Уставне ҫӗнӗрен пӑхса тухма кирли ҫинчен каланӑ, ҫавӑн пекех Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх пухӑнакан политикӑлла конференцие Азири нейтральнӑй ҫӗршывсене хутшӑнтармасӑр ирттерес пирки Пӗрлешӳллӗ Штатсем тытса пыракан позицие хӳтӗленӗ.

Бирма делегацийӗн пуҫлӑхӗ: «Корейӑри перемири Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнчи ӗҫсенче кӑна мар тата пӗтӗм тӗнчери ӗҫсенче улшӑну тапхӑрӗ пулса тӑчӗ», тенӗ. Вӑл ҫавӑн пекех тата «Корейӑна хӗҫпӑшал вӑйӗпе пӗрлештерме хӑтланни пурпӗрех путланса ларассине» палӑртнӑ.

Бирма представителӗ малалла гоминдановецсем ҫаплах Бирмӑна хирӗҫ агрессиллӗ ӗҫсем тунине палӑртнӑ. Ҫак агрессиллӗ ӗҫсене Тайвань утравӗ ҫинчен ертсе пыраҫҫӗ, тенӗ вӑл. Генеральнӑй Ассамблейӑн ҫиччӗмӗш сессийӗнче Бирма панӑ жалоба тӑрӑх йышӑннӑ решение гоминдановецсем пурнӑҫа кӗртесшӗн мар, Бирма территорийӗнчен пӗр гоминдановец та тухса кайман, тенӗ вӑл. Бирма делегачӗ гоминдан ҫарӗсене пурне те Бирма территорийӗнчен илсе тухма требовани лартнӑ.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). ООН Генеральнӑй Ассамблейин сентябрӗн 28-мӗшӗнче ирхине пулнӑ пӗрлехи ларӑвӗнче пӗтӗмӗшле дискусси малалла пынӑ.

# Тӗнчери ыйтусене мирлӗ майпа йӗркелессишӗн

## Хӗрарӑмсен Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ федерацийӗн секретариачӗ пӗлтерни

БЕРЛИН, сентябрӗн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗрарӑмсен Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ федерацийӗн секретариачӗ, Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн Бюровӗ йышӑннӑ резолюцие ырласа, ҫакӑн пек пӗлтерӳ пичетлесе кӑларнӑ:

Хӗрарӑмсен Пӗтӗм тӗнчери демократиллӗ федерацийӗ 66 ҫӗршыври 140 миллион хӗрарӑм ячӗпе Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн Бюровӗ халӑхсене, вӗсем хӑйсен правительствисенчен калаҫусем ирттерме тата пӗр-пӗринпе калаҫса татӑлма ыйтчӑр тесе, чӗнес тӗллевпе июнӗн 20-мӗшӗнче пуҫланӑ кампани ҫинчен йышӑннӑ резолюцие пӗтӗмпех ырлать.

Хӗрарӑмсем, мӗнпур халӑхсемпе пӗрлешсе, хӑйсен ӗҫӗпе Корейӑра перемири тутарма пулӑшрӗҫ. Вӗсем перемири условийӗсене тӗрӗс пурнӑҫласа пымалла тӑвассишӗн хӑйсен вӑйӗсене ӳстерсе пыраҫҫӗ. Вӗсем Вьетнамра тата Малайӑра мир пултӑр тесе тӑрӑшаҫҫӗ. Вӗсем пилӗк аслӑ державӑран пӗри пулса тӑракан тата ҫӗр чӑмӑрӗ ҫинче халӑхӑн пиллӗкмӗш пайне йышӑнса тӑракан Китай Халӑх Республикине ООН-ра тата мир ҫинчен тӑракан ыйтӑва сӳтсе явакан мӗнпур ларусенче хӑйӗн вырӑнне йышӑнма чӗнесси кирлӗ те тӗрӗслӗхлӗ ӗҫ пулать тесе шутлаҫҫӗ.

Хӗрарӑмсем ҫапла тума ыйтаҫҫӗ: правительствӑсем хушшинче чӑн-чӑн калаҫусем пуҫланмалла, ҫак калаҫусене ирттерме малтанлӑха нимӗнле условисем те кӑларса тӑратни пулмалла мар, вӑл калаҫусем тӗнчери мӗнпур тавлашуллӑ ыйтусене мирлӗ майпа татса пама пулӑшмалла.

Хӗрарӑмсем тӗнчери ыйтусене мирлӗ майпа татса парассине хирӗҫ пыракан вӑйсем енчен халӑха ҫӗнӗ вӑрҫа кӗртес ярас хӑрушлӑх ан пултӑр тесе тӑраҫҫӗ. Ҫав вӑйсем Аденауэрӑн реваншистла преступникла политикине пулӑшса, хавхалантарса тӑраҫҫӗ. Хӗвеланӑҫ Германире суйлав пулса иртнӗ хыҫҫӑн Аденауэр каллех реваншистла политика ҫулӗ ҫине тӑчӗ.

Хӗрарӑмсем хӑйсен ачисем, хӑйсен упӑшкисен пурнӑҫӗшӗн, хӑйсен килӗсемшӗн, хӑйсен ҫӗршывӗсен кун-ҫулӗшӗн текех вӗҫӗмсӗр чӗтресе пурӑнасшӑн мар. Вӗсене халӗ водородлӑ бомба пек хӗҫпӑшалсем пӗтӗмпех ҫӗмӗрсе такас хӑрушлӑх хӑратса тӑрать.

Вӗҫӗмсӗр ӳссе пыракан ҫар бюджечӗсем миллионшар ҫемьесене чухӑнлӑх кӳреҫҫӗ, миршӗн хӑрушлӑх туса хураҫҫӗ. Хӗрарӑмсем ҫав хӑрушлӑх пирки сехӗрленсе пурӑнасшӑн мар.

Тӗнчери пур ҫӗршывсенче те хӗрарӑмсем Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗ пуҫласа янӑ кампание пур майсемпе те пулӑшса пыраҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӗсем вӑйпа тата парасси ҫинчен калакан решенисем вырӑнне калаҫусем ирттермелле тӑвассишӗн, тӗнче пуянлӑхӗ тата этемлӗх генийӗ ҫынсен телейӗшӗн кӑна ӗҫлетӗр тесе тӑраҫҫӗ.

# Димитр Полянов вилнӗ

СОФИЯ, сентябрӗн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Болгарири пролетарилле поэзи никӗсне хывнӑ халӑх поэчӗ, рабочи юхӑмӑн ветеранӗ, Болгарири Коммунистсен партийӗн ватӑ членӗ Димитр Полянов вилнӗ. Вӑл 77 ҫула ҫитнӗ.

### ПИСАТЕЛЬСЕМПЕ ИСКУССТВО РАБОТНИКӖСЕН ПӖТӖМ КОРЕЙӐРИ СЪЕЗЧӖ

ПХЕНЬЯН, сентябрӗн 27-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Пхеньянра писательсемпе искусство работникӗсен Пӗтӗм Корейӑри съезчӗ уҫӑлнӑ. Халӑх хуҫалӑхне юсас тӗлӗшпе ҫӗршыв умне ҫӗнӗ задачӑсем тухса тӑнӑ май съезд литературӑпа искусство енӗпе тӑракан задачӑсене сӳтсе явать.

### ШПИОНСЕМПЕ ДИВЕРСАНТСЕН ӖҪӖ ПИРКИ ЙЫШӐННА ПРИГОВОР

БЕРЛИН, сентябрӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Сентябрӗн 21-мӗшӗнчен пуҫласа 26-мӗшне ҫитиччен Демократиллӗ Германи Республикин верховнӑй судӗнче Демократиллӗ Германи Республикин ҫӗр кӑмрӑк промышленноҫӗнче шпионла-диверсилле ӗҫсем туса пурӑннӑ 8 шпион ӗҫне пӑхса тухнӑ. Шпионсем Америкӑри тата Хӗвеланӑҫ Германири монополисен заданийӗсем тӑрӑх ӗҫлесе тӑнӑ.

Ҫак ушкӑнӑн пуҫлӑхӗсене Флешера тата Каммлера кашнине 15-шер ҫуллӑха, ытти пилӗк ҫынна 4 ҫултан пуҫласа 12 ҫула ҫитиччен тӗрмене хупса лартмалла тунӑ. Канилер пирки решени йышӑнман. Унӑн ӗҫне уйрӑм пӑхса тухаҫҫӗ.

# Чехословакире тавар хакӗсене йӳнетнӗ

ПРАГА, сентябрӗн 29-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Чехословаки республикин правительствипе Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсен ваккӑн сутмалли государственнӑй хакӗсене йӳнетесси ҫинчен постановлени йышӑннӑ.

Постановленире ҫапла каланӑ: Чехословаки правительствипе Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, халиччен тунӑ ҫитӗнӳсем ҫине таянса, хальхи вӑхӑтра ваккӑн сутмалли тавар хакӗсене иккӗмӗш хут йӳнетме, ҫапла вара, кӑҫал рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫине, хресченсен тупӑшне тата ӳстерме, ҫавӑн пекех тата Чехословаки укҫин хакне ӳстерме май пур, тесе шутлаҫҫӗ. Тавар хакӗсене 5 процентран пуҫласа 40 процент таран йӳнетнӗ. Тавар хакӗсене ҫӗнӗрен йӳнетнипе Чехословаки халӑхӗ ҫулталӑк хушшинче 4,5 миллиард крон чухлӗ усӑ курать.

1953 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа ваккӑн сутмалли хаксем, уйрӑммӑн илсен, ҫавӑн чухлӗ чакаҫҫӗ: ҫӑнӑх тата ҫӑнӑхран тунӑ изделисем — 8 процентран пуҫласа 17 процент таран, сахӑр — 14 процент, кондитер изделийӗсем — 5 процентран пуҫласа 26 процент таран, пахча ҫимӗҫӗ — 10 процентран пуҫласа 30 процент таран, пир-авӑр — 5 процентран пуҫласа 25 процент таран, пурҫӑн пир-авӑр — 30 процентран пуҫласа 40 процент таран, сыхнӑ кӗпе-йӗм — 6 процент, пальто тавраш тата паха тирсем — 5 процентран пуҫласа 45 процент таран, галантерея — 9 процентран пуҫласа 35 процент таран. Ҫавӑн пекех мотоциклсен, строительство материалӗсен тата ытти таварсен хакӗсене те йӳнетнӗ.

### ВЬЕТНАМ ХАЛӐХ ҪАРӖН ҪИТӖНӖВӖСЕМ

ПЕКИН, сентябрӗн 28-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Вьетнам халӑх ҫарӗн верховнӑй командованийӗ пӗлтерӳ пичетлесе кӑларнӑ. Унта ҫапла каланӑ: сентябрӗн малтанхи икӗ эрнинче халӑх ҫарӗ Ҫурҫӗр Вьетнамри Хӗрлӗ юханшывӑн сулахай ҫыранӗнче ҫапӑҫура ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тунӑ.

Халӑх ҫарӗн чаҫӗсем Хай-Дуонг провинцийӗнчи Тьен-Жанг районӗнче тӑшманӑн 550 салтакне пӗтернӗ. Кунсӑр пуҫне Бинь-Жианг тата Жиа-Лок районӗсенче тӑшманӑн 136 салтакне пӗтернӗ.

Сентябрӗн 9-мӗшӗнче халӑх ҫарӗн чаҫӗсем Ханой — Хайфон ҫулӗ ҫинче тӑшман базисем ҫине тапӑннӑ. Тӑшманӑн икӗ ротине пӗтернӗ.

Сентябрӗн 14-мӗшӗнче халӑх ҫарӗ Хунг-Енран ҫурҫӗртерехре 5 километрта вырнаҫнӑ тӑшман посчӗ ҫине кӗтмен ҫӗртен тапӑннӑ. Унта тӑшманӑн икӗ ротине ҫӗмӗрсе тӑкнӑ. Ҫавӑн пекех 6 тупӑ, танксем, бронемашинӑсем, автомашинӑсем нумай пӗтернӗ.

Сентябрӗн 16-мӗшӗнче Вьетнам халӑх ҫарӗн подразделенийӗсем Тай-Биньяран ҫурҫӗр енче 12 километрта вырнаҫнӑ тӑшманӑн тепӗр постне ҫӗмӗрсе тӑкнӑ. Ҫак операци вӑхӑтӗнче тӑшманӑн икӗ взводне тытӑна илнӗ.

# Пирӗн землякӑн ҫитӗнӗвӗ

Совет Ҫарӗнчен килнӗ ҫыру

Совет Ҫарне служба кайиччен А. Храмкин Вӑрнар МТС-ӗнче тракторист пулса ӗҫленӗ. Ялхуҫалӑх ӗҫӗсене пысӑк пахалӑхпа туса пынӑшӑн тата вайлӑ тырпул пухса кӗртнӗшӗн пултаруллӑ механизатор Ленин орденӗ тата Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденӗ илме тивӗҫлӗ пулнӑ.

Сарта та малтанхи кунсенчен пуҫласах А. Храмкин хӑйне шанса панӑ ӗҫе тӳрӗ кӑмӑлпа тума тӑрӑшакан, дисциплинӑна ҫирӗп тытса пыракан воин пулнине кӑтартнӑ. Халӗ гварди сержанчӗ Александр Храмкин отделени командирӗ. Вӑл хӑйӗн отделенинчи воинсене тӑрӑшса вӗрентет, воспитани парать. Ҫавӑн пекех гварди сержанчӗ салтаксен вӗренӗвӗпе кану лайӑх ирттерессишӗн тӑрӑшать. Салтаксем хӑйсен командирне юратаҫҫӗ, хисеплеҫҫӗ.

Совет Ҫарӗнче Храмкин идейӑпа политикӑлла шайне те тӑтӑшах ӳстерет. Вӑл КПСС членӗн кандидачӗ, подразделенинчи обществӑлла ӗҫе активлӑ хутшӑнать.

Коммунист сӑмахӗ салтаксене ҫар ӗҫӗнче ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума хавхалантарать. Вӑл хӑй ҫар ӗҫӗпе политикӑлла вӗренӗвӗн отличникӗ, пултаруллӑ командир. Храмкин хӑйӗн пӗлӗвне тӑтӑшах ӳстерет. Вӗренӳре тата службӑра ҫитӗнӳсем тунӑшӑн командовани ӑна 30 хутчен тав тунӑ, чаҫри гварди ялавӗ умӗнче сӑн ӳкернӗ.

И. СЕЛЕГЕНЕНКО,
старши лейтенант.

# Хаҫат-журнал нумай сарнӑ

ЧУРАЧӐК. Районти «Динамо» колхозра М. Петров юлташ 18 ҫул хушши почтальон пулса ӗҫлет. Вӑл хӑйӗн ӗҫне юратса тӑвать, ӗҫсыннисем патне хаҫат-журнал вӑхӑтра ҫитерет. Пултаруллӑ почтальон хаҫат-журнал сарас тӗлӗшпе те пуҫаруллӑ ӗҫлет. Кӑҫал вӑл ял ҫыннисем хушшинче 300 экземпляр хаҫат-журнал сарнӑ.

Г. АЛЕКСАНДРОВ.

# Колхозниксем валли паха концертсем

ШАХАСАН. Районти культура ҫуртӗ ҫумӗнчи художество пултарулӑх коллективӗ паха концерт хатӗрленӗ. Концертсене районти колхозсенче ирттереҫҫӗ.

Концерт программинче коммунистсен парти, Тӑван ҫӗршыв, Совет Союзӗнчи халӑхсем миршӗн кӗрешни, колхозлӑ ял пурнӑҫӗ ҫинчен ҫырнӑ юрӑсем, ташӑсем, политикӑлла сатирӑлла инсценировкӑсем, скетчсем пур. Концертсенче струннӑй оркестр хӑйӗн пултарулӑхне кӑтартать.

П. СКВОРЦОВ.

# Государствӑна сӗт сутаҫҫӗ

ПЕЛРЕҪ. «Путиловка» колхоз государствӑна аш-какай, сӗт-ҫу памалли плана тултарнӑ. Ун хыҫҫӑн колхоз государствӑна 8 пин литр ытла сӗт сутрӗ. Сӗт сутса автомашина туянасшӑн.

И. ТИХОНОВ.

# ПӖЛТЕРНИ

КПСС Шупашкар хула комитечӗ ҫумӗнчи марксизм-ленинизма вӗренмелли каҫхи университетӑн пӗрремӗшпе иккӗмӗш курсӗсенче вӗренекенсене ҫакӑн ҫинчен пӗлтеретпӗр: университетри занятисем 1953 ҫулхи октябрӗн 1-мӗшӗнчен пуҫласа КПСС обкомӗ ҫумӗнчи парти курсӗсен ҫуртӗнче пулаҫҫӗ (Аптечнӑй урам, 3-мӗш ҫурт). Занятисем каҫхине 7 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

* * *

Каҫхи партшкулта вӗренекенсене ҫакӑн ҫинчен пӗлтеретпӗр: октябрӗн 1-мӗшӗнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечӗн библиотека ҫуртӗнче «Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ 50 ҫул тултарни» темӑпа пӗрремӗш занятин пулать.

Лекцие З. И. Федорова юлташ вулать.

* * *

Сентябрӗн 30-мӗшӗнче, 19 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотека ҫуртӗнче консультантсем, семинарсен руководителӗсем валли тата парти историне марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсем тӑрӑх вӗренмелли кружоксен (пӗрремӗшпе иккӗмӗш ҫул ӗҫлекеннисен) руководителӗсем валли семинар пулать.

Семинарта пӑхса тухмалли тема: «СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗнче каланӑ сӑмах».

Семинара ертсе пыраканӗ Л. Д. Эльбов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 0-67, редактор заместителӗ — 4-17, ответлӑ секретарь — 4-26, секретариат — 3-54, промышленность пайӗ — 5-74, информаци пайӗ — 13-37, парти пурнӑҫ пайӗ — 3-99, обзорсен пайӗ — 6-84, пропаганда пайӗ — 5-21, ялхуҫалӑх пайӗ — 3-97, культура пайӗ — 8-61, совет строительстви пайӗ — 8-61, ҫырусен пайӗ — 7-32, издательство кантурӗ — 0-23.

НТ 09370 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.